ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совачĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 12

ВЫРСАРНИКУН

№ 31 (9710)

Хакĕ 20 пус.

38-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Çамрăк писательсене тимлĕн вĕрентсе çитĕнтерер

Совет халăхĕн пурнăçĕнче илемлĕ литература пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вăл ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас, пирĕн обществăн моралле-политикăлла пĕрлĕхне çирĕплетес ĕçре Коммунистсен партийĕпе Совет государствине активлăн пулăшать. Тарăн шухăшлă, чăннипех ăста çырнă кашни çĕнĕ произведенин вулакансем хапăл туса кĕтсе илеççĕ, ăна культура строительствинчи çĕнĕ çĕнтерÿ вырăнне хураççĕ.

Совет литературин вăйĕ—вăл халăх кун-çулĕпе таччăн çыхăнса тăнинче, вăл партипе государство интересĕсемшĕн тăрăшнинче. Пирĕн социализмла пурнăç писательсем валли ĕтемлĕх историйĕнче халиччен пулман тĕлĕнмелле ырă сăнлăхсем, пуян темăсемпе сюжетсем уçса парать.

«Совет писателĕсен Союзĕн чи пысăк задачисенчен пĕри вăл—халĕ çеç çырма тытăнакан писательсене творчество тĕлĕшпе ÿсме пулăшасси, совет литературине çамрăк талантсемпе пуянлатса пырасси пулать»,—тенĕ КПСС Центральнăй Комитечĕ писательсен Пĕтĕм Союзри II-мĕш съездне янă саламра.

Кăçал январь уйăхĕнче Мускавра çамрăк писательсен Пĕтĕм Союзри III-мĕш канашлăвĕ пулса иртрĕ. СССР писательсен Союзĕн правлени пленумĕпе пĕрле пухăннă çав канашлу çамрăк литераторсене вĕрентсе çитĕнтерес тĕлĕшпе парти лартнă задача мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине пăхса тухрĕ, литературăри талантлă çĕнĕ вăйсене палăртрĕ.

Ыран Шупашкарта çамрăк писательсен республикăри IV-мĕш канашлăвĕ уçăлать. Вăл питĕ чаплă тапхăрта—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ уçăлас умĕн пухăнни канашлăва идейăпа творчество тĕлĕшĕнчен чăннипех çÿлĕ пусăмра ирттерме хушать. Пирĕн çамрăк юлташсем, литературăра нумайрах ĕçленĕ опытлă писательсемпе пĕрле пулса, пултарулăх ыйтăвĕсене, хăйсен çĕнĕ произведенийĕсене тимлĕн те тишкерÿллĕн пăхса тухĕç, малашнехи ÿсĕм çул-йĕрне уçăмлăн палăртĕç, ăсталăха вĕренме çĕнĕ вăй илĕç.

Республикăра çамрăк литераторсене вĕрентсе çитĕнтерес ĕç юлашки вăхăтра кăшт лайăхланчĕ. Чăваш писателĕсен Союзĕнче кашни уйăхра çамрăк авторсен кунĕ пулса иртет. Кунта çамрăксем час-часах паллă писательсемпе тĕл пулаççĕ, вĕсен творчествăри опычĕпе паллашаççĕ, пĕр-пĕрин çĕнĕ сăввисемпе калавĕсене, пьесисене вуласа сÿтсе яваççĕ.

Çамрăк писательсен вăрçă хыççăнхи малтанхи канашлăвĕсенче пулнă юлташсенчен А. Артемьев, Г. Ефимов, С. Аслан, Г. Орлов, В. Алендей литературăра самаях паллă утăмсем турĕç. Вĕсем кĕнеке авторĕсем пулса тăчĕç. Хаçатсемпе «Ялав» журнал страницисем çинче çултан-çул çĕнĕ ятсем палăрса пыраççĕ. Çамрăк талантсемшĕн ÿсмелли майсем пысăк, анчах çав майсемпе усă курма пĕлни çитсех каймасть-ха.

Республикăри аслă шкулсемпе вăтам шкулсенче, хăшпĕр районсенчи хаçатсем çумĕнче, пысăк предприятисенчи клубсемпе районсенчи культура çурчĕсем çумĕнче литература кружокĕсемпе пĕрлешĕвĕсем ĕçлеççĕ. Писательсен Союзĕ халлĕхе вĕсемпе япăх çыхăнса тăрать. Çавăн пекех çутĕç органĕсем те шкулсенчи литература кружокĕсен ĕçĕпе çителĕксĕр интересленеççĕ. ВЛКСМ Чăваш обкомĕ вара çамрăк писательсем çинчен республикăри канашлусем умĕн кăна ытларах аса илет. Профсоюз организацийĕсем çак ĕçрен пачах аякра тăраççĕ.

Литературăна хутшăнакан кашни çĕнĕ ăру пурнăç çинчен хăйне тивĕçлĕ сăмах калать. Хальхи çамрăксем тĕлĕнмелле аслă тапхăрта — пирĕн çĕршыв социализмран коммунизма куçса пынă тапхăрта çитĕнеççĕ. Мĕн тери чаплă ĕçсем пулса иртеççĕ хальхи саманара! Мĕн тери паттăрлăх кăтартать совет çынни хăйĕн кулленхи ĕçĕнче! Пăхса çаврăнар хамăр тăван республикăна — мĕн чухлĕ кунта çĕнни! Улттăмĕш пилĕк çуллăх план пирĕн умма татах та аслăрах ĕçсен программи пулса тухса тăчĕ. Хулара та, ялта та пирĕн ĕççыннисем çав аслă программăна хăвăртрах пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Çĕнни киввине кулленех çĕнтерсе пырать, çав кĕрешÿ вăл чăрмавсемсĕр, ситменлĕхсемсĕр пулмасть, пачах урăхла, çав чăрмавсемпе çитменлĕхсене хăюллăн çĕнтернипе пулса пырать. Çаксене ĕнтĕ пурне те произведенисенче ĕмĕрлĕхе сăнласа хăвармалла.

Кирек мĕнле ĕç тума та ăсталăх кирлĕ. Пирĕн литературăра нумай çул ĕçленĕ писательсен те тăтăшах вĕренмелле тетпĕр пулсан, çамрăк литераторсен вара уйрăмах нумай вĕренмелле. Чи малтан, вăтам шкул, аслă шкул пĕтерсе, пĕтĕмĕшле пĕлÿ илме тăрăшмалла. Анчах писатель пулма ĕмĕтленекен хăшпĕр çамрăксем вĕренме ÿркенерех параççĕ. «Талант пулсан — пурте пулать», тесе шутлаççĕ вĕсем. Анчах пĕлÿ пулмасан, талант хăй тĕллĕн кăна ниме те тăмасть. Талант вăл пĕлÿпе çеç уçăлать, вăй илет.

Пысăк пĕлÿллĕ, культурăллă çын пулнипе пĕрлех писатель мораль тĕлĕшĕнчен таса пулма тивĕç. Таса мар чунпа литература патне яхăнне те пыма юрамасть, мĕншĕн тесен литература вăл — этем чунне тĕпчес ĕç, çынна воспитани парас ĕç, таса ĕç. Анчах çамрăк литераторсем хушшинче йăла тĕлĕшĕнчен хăйсене хăйсем тыткалама пĕлмен çынсем те тĕл пулкалаççĕ. Ун пек авторсене тĕрĕс çул çине тăма пулăшмалла, сывă та патвар çитĕнтермелле.

Çамрăк писательсене вĕренме пирĕн опытлă писательсен ытларах пулăшмалла. Ку тĕлĕшпе А. М. Горькин пурнăçĕпе ĕçĕ пуриншĕн те пархатарлă тĕслĕх пулса тăрать. Аслă вырăс писателĕн традицийĕсене тытса пырса, пирĕн кашни паллă писатель çамрăксемпе тимлĕн ĕçлеме тивĕç. Тин çырма тытăнакан авторсемшĕн тимлĕн тăрăшас тесен вăл, паллах, вĕсен вăйсăр произведенийĕсене пичетлемеллине пĕлтермест. Вулакансем писательсенчен пуринчен те, вăл шутра çамрăккисенчен те, пĕр пекех лайăх кĕнекесем кĕтеççĕ.

Литературăна ÿсме пулăшакан пысăк вăйсенчен пĕри вăл—критика. Халлĕхе пирĕн критиксем паллă писательсен творчествине те кирлĕ пек пăхса тухаймаççĕ, çамрăк авторсене вара нумай чухне асăрхамасăрах ирте-ирте каяççĕ. Писательсен Союзĕн, литература критикине вăйлатас тесен, çамрăксем хушшинчех критиксем çитĕнтерессишĕн тимлĕнрех тăрăшмалла. Калас пулать, хăшпĕр çамрăк авторсем хăйсен произведенийĕсенчи çитменлĕхсене асăрхаттаракан критикăлла сăмахшăн çиленме пăхаççĕ. Сăмахран, В. Ухли хăйĕн «Çĕр ешерет» ятлă кĕнекинчи пысăк кăлтăксем пирки тĕрĕс сăмах каланă юлташсене кÿрентерсе пĕтернĕ. Критика çине кун пек пăхсан, паллах, нимле писатель те ÿсме пултараймасть.

Писательсен Союзĕнчи творчествăлла ĕç ытларах секцисем урлă пулса пырать. Анчах секцисен ĕçне çамрăк писательсене çителĕксĕр явăçтараççĕ-ха. Творчество ыйтăвĕсене, çĕнĕ произведенисене сÿтсе явнă çĕре çамрăксене активлăнрах хутшăнтармалла.

Çамрăк писательсен республикăри IV-мĕш канашлăвĕ пирĕн литературăри çитĕнсе пыракан ăрăва пысăк усă парĕ, тин çеç çырма тытăнакансемпе ĕçлессине тĕпренех лайăхлатма пулăшĕ. Çултан-çул çĕнĕрен-çĕнĕ талантсемпе пуянланса пыракан чăваш литератури, çапла вара, совет çĕршывĕнчи тăванла ытти литературăсем пекех, ÿсĕм çулĕпе малалла атанĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### РЕСПУБЛИКĂРИ ЯЛХУÇАЛĂХ СПЕЦИАЛИСЧĔСЕНЕ ЧĂВАШ АССР-ĕн ТАВА ТИВĔÇЛĔ АГРОНОМĔН, ТАВА ТИВĔÇЛĔ ЗООТЕХНИКĔН ТАТА ТАВА ТИВĔÇЛĔ ВЕТЕРИНАРИ ВРАЧĔН ХИСЕПЛĔ ЯЧĔСЕНЕ ПАРАССИ ÇИНЧЕН

Ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тунăшăн хисеплĕ ятсем парас:

**ЧĂВАШ АССР-ĕн ТАВА ТИВĔÇЛĔ АГРОНОМĔ ЯТНЕ**

1. Андрей Максимович Беляева—Улатăр МТС-ĕн главнăй агрономне.
2. Евлалия Ивановна Васильевăна — Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз агрономне.
3. Николай Никитич Никитина—агронома, Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хатĕрленес тĕлĕшпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнче ĕçлекен сектор заведующине.
4. Яков Федотович Федотова—агронома, Чăваш АССР-ĕнче ялхуçалăх культурисен сортне тĕрĕслесе тăракан государство комиссийĕн инспекторне.
5. Иван Викторович Яхварова — агронома, Элĕк МТС директорне.

**ЧĂВАШ АССР-ĕн ТАВА ТИВĔÇЛĔ ЗООТЕХНИКĔ ЯТНЕ**

Ананий Семенович Семенова — зоотехника, Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз председательне.

**ЧĂВАШ АССР-ĕн ТАВА ТИВĔÇЛĔ ВЕТЕРИНАРИ ВРАЧĔ ЯТНЕ**

Илья Григорьевич Тарасова — ветеринари врачне, Чкаловскинчи ветеринари-бактериологи тĕлĕшпе ĕçлекен межрайоннăй лаборатори заведующине.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ **Д. МИТЬКОВ.**

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **А. ИЗМАЙЛОВ.**

Шупашкар хули, 1956 çулхи февралĕн 10-мĕшĕ.

# КПСС XX-мĕш СЪЕЗЧĔ УМĔН



Укерчĕк çинче: Етĕрне МТС-ĕнчи токарь Л. А. Титов юлташ. Вăл партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура кулленхи ĕç нормине 180—200 процент тултарать.

Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## Вăрман хатĕрлекенсен çĕкленĕвĕ

Республикăри вăрман хатĕрлекенсем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Директивăсен проектне тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Делянкăсенче, участоксенче съезд ячĕпе социализмла ăмăрту сарăлса пырать.

Съезд ячĕпе ĕç вахтине тăрса, Вăрнарти вăрманпромхоз коллективĕ иртнĕ уйăхри плана срокчен тултарчĕ, планран ирттерсе 5.000 кубометр йывăç турттарса кăларчĕ. Вăрман пункчĕсем хушшинчи ăмăртура Мăшавăш вăрман пункчĕ малта пырать. Вăл йывăç касса хатĕрлемелли иртнĕ уйăхри плана 183 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 157 процент тултарчĕ, çапла вара февралĕн 7-мĕшĕ тĕлне икĕ уйăхри плана тултарчĕ.

Вăрман пунктĕнче малта пыракан трактористсен хисепĕ чылай ÿсрĕ. В. Тимофеевпа Г. Смирнов трактористсем уйăхра 1.000 кубометр йывăç турттарса кăларма обязательство илнĕ. Чăннипе вĕсем иртнĕ уйăхра 1.379 кубометр турттарса кăларнă. С. Данюшин, П. Михайлов, Г. Кондрачук, И. Антонов трактористсем те 1.000 кубометр ытла йывăç турттарса кăларнă. И. Бардасов моторист куллен паха тĕслĕхсем кăтартать.

Вăрман пункчĕн коллективĕ вăрман касса хатĕрлемелли пĕрремĕш кварталти плана мартăн 1-мĕшĕ тĕлне, çул хĕррине илсе тухмалли плана мартăн 8-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 4.000 кубометр йывăç касса хатĕрлеме, 5.000 кубометр çул хĕррине илсе тухма обязательство йышăннă.

Çăрăклă автосул коллективĕ йывăç турттарса кăлармалли икĕ уйăхри плана февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешет.

Вăрнарти вăрманпромхоз йывăç турттарса кăлармалли икĕ уйăхри плана февралĕн 8-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Халĕ унăн коллективĕ пĕрремĕш кварталти плана мартăн 15-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн, квартал вĕçлениччен планран ирттерсе 7.000 кубометр йывăç турттарса кăларассишĕн ăмăртать.

Йĕпреç вăрманпромхозĕн коллективĕ те ăнăçлă ĕçлет. Вăрманпромхоз иртнĕ уйăхра планран ирттерсе 3.000 кубометр йывăç турттарса кăларнă.

Ытти вăрманпромхозсенче те паха тĕслĕхсем чылай. Кирери вăрманпромхозри М. Сысуйкин тракторист 1955 çулта 15.897 кубометр йывăç çул хĕррине илсе кăларнă, çулталăкри задание 143 процент тултарнă. Вăл кăçал та пысăк çĕкленÿпе ĕçлет.

**П. ТРОФИМОВ.**

## Чугун çул работникĕсен парни

КАНАШ. Çак хĕле кĕнĕренпе—1955 çулхи ноябрьпе декабрь тата 1956 çулхи январь уйăхĕсенче—чугун çул деповĕнчи машинистсем йывăр тиенĕ 772 поезд илсе çÿренĕ, вĕсемпе нормăран ытлашши 170.495 тонна груз турттарса тухнă.

Паллă машинист Е. Девяткин юлташ, январь уйăхĕнче 12 хут йывăр тиенĕ поезд илсе çÿренĕ, нормăран ирттерсе 3.227 тонна груз турттарнă.

Съезд умĕнхи ăмăртура М. Николаев машинист паха тĕслĕх кăтартать. Çак кунсенче вăл хăйĕн помощникĕпе В. Баданов тата кочегар Г. Черняков юлташсемпе нормăран ирттерсе 212 тонна груз турттарса тухрĕ, техникăлла хăвăртлăха кашни сехетре икĕ километр ÿстерчĕ.

П. Назаров, В. Фомин тата ытти вунпилĕк машинистсем çĕнĕ çулта кашни рейса кайнăçсерен нормăран ирттерсе çĕршер тонна груз турттарса тухаççĕ.

Чугун çул станцийĕ январь уйăхĕнче грузсем тиемелли плана 163 процент тултарнă, транзитлă вагонсем тăрассине нормăпа пăхниччен 2,9 сехет чакарнă.

## Колхоз çĕнĕ пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнче

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх пирĕн колхозшăн, мĕнпур Тăван çĕршывшăн пекех, ăнăçлă вĕçленчĕ. Колхозниксем, партипе правительство ялхуçалăх енĕпе панă кăтартусене пурнăçласа, тырпулпа выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне малалла ÿстерчĕç, артеле организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен татах çирĕплетрĕç.

Ку вăл 1955 ялхуçалăх çулĕн итогĕсенчен лайăх курăнать. Иртнĕ çулта вăтам шутпа кашни гектартан 16,2 центнер тĕштырă туса илтĕмĕр, тырпул тухăçлăхĕ енĕпе районта «Гвардеец» колхоз хыççăн иккĕмĕш вырăн йышăнтăмăр. Сĕлĕ тата пăрçа туса илнине пирĕн колхоза тата бригадăсене Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хутшăнма тăратрĕç.

Иĕлтĕрхи ÿсĕмсем эпир те малта пыракан колхозсем пекех ĕçлеме пултарни çинчен калаççĕ. 1956 çулта эпир, çĕрĕç культурипе малалла ÿстерсе, кашни гектартан 17,7 центнер тĕштырă туса илес задача лартрăмăр. Çак задача партин XX-мĕш съезчĕ çĕнĕ пилĕкçуллăх тĕлĕшпе панă кăтартусене пĕтĕмпех тивĕçтерет.

— Директивăсен проектĕнче, — терĕ колхозниксен пухăвĕнче К. Шакеев юлташ,—1960 çулта çĕршывра тырпул туса илессине 11 миллиард пăта çитерме палăртнă. Парти ку плана пирĕн вăя, халăх вăйне, курса тунă. Ял ĕçченĕсем вăя шеллемесĕр, вăхăта пĕлмесĕр ĕçлесен, ку плана тултарма кăна мар, чылай ирттерсе тултарма пулать.

Сутă малашлăха курса ĕçлеççĕ пирĕн колхозниксем!

Халĕ, съезд умĕнхи кунсенче, тухăçлă тырпулшăн, йышлă выльăх-чĕрлĕхшĕн ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Ăмăрту тĕллевĕ—февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне кăçалхи суракине пур енĕпе те хатĕрленсе çитесси.

Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци çак кунсенче ертсе пырас ĕçĕн меслечĕсене лайăхлатма, колхозниксен ĕçри активлăхне вăйлатма тăрăшаççĕ. Эпир, паллах, обязательствăсем йышăннипе кăна çырлахмастпăр, вĕсене пурнăçлама коммунистсемпе комсомолецсене, мĕнпур колхозниксене мобилизацилетпĕр.

Суракинче чи кирли—вăрлăх. Мĕн акатăн—çавă шăтать, тенĕ ваттисем. Пирĕн колхоз тахçантанпах хамăр тăрăхра тухăçлă пулакан сортлă тырăсене акса тăвать. Сураки валли вăрлăх фондне çителĕклĕ хывнă. Кăçал мĕн акмалла—çавă пурте пур. Тĕштырăсен вăрлăхне пĕр хут тасатнă, вĕсем лайăх шăтаççĕ. Халĕ А. Казакова, В. Гордеева колхозницăсем ертсе пынипе вăрлăхсене тепĕр хут сортлаççĕ. Çак ĕçе кашни кун 15—20 çын хутшăнать.

Кăлар тислĕк нумайрах—тырпул пулĕ вăйлăрах! Çак чăнлăха пирĕн ял ĕçченĕсем лайăх ăнланаççĕ. Нумаях пулмасть вĕсем Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕн С. Яковлев юлташăн статьине вуласа сÿтсе яврĕç. Тĕрĕс çырать Яковлев юлташ: вăйлă тырпул туса илесси çĕре çемçетнинчен нумай килет.

Иртнĕ хĕлте эпир хире 5.538 тонна тислĕк кăлартăмăр. Çавăнпа 1955 çулта, ун умĕнхи çулхинчен, икĕ хут нумайрах тырпул туса илтĕмĕр. Кăçал, çĕнĕ пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнче, вырăнти удобренисем хатĕрлесе уя кăларас ĕçе пĕтĕм халăх кĕрешĕвĕ туса хуратпăр. Колхоз правленийĕ, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне 5—6 тоннăран кая мар тислĕк кăларма задача лартнине шута илсе, кашни уй-хир бригадине, кашни колхозник хуçалăхне вырăнти удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе заданисем пачĕ.

Колхоз правленийĕ, Октябрьски район «Звезда» артель пекех, удобренисем хатĕрлесе панăшăн колхозник хуçалăхне ĕçкунĕ тÿлет. Хальхи вăхăтра кашни бригадăран виçшер лавпа фермăсенчи тислĕке хире кăларса кунаççĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне эпир Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе парти обкомĕ вырăнти удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе лартнă задачăна пурнăçлатпăр.

Эпир юлашки çулсенче тислĕкпе пĕрлех минераллă удобренисемпе анлăн усă куратпăр. Правлени кăçал калчасене апат пама, кукуруза лартнă чухне шăтăксене хума 600 тонна минераллă удобренисем туянчĕ. Унăн пĕр пайне Канаш станцийĕнчен колхоза кÿрсе килнĕ. Çак кунсенче удобренисем турттарас ĕçе тракторсемпе тата автомашинăсемпе пĕрлех колхозри лашасене мобилизацилетпĕр.

Лашасем пирĕн çителĕклĕ: ĕçлеме юрăхлисем кăна 130 пуç. Кăçал апат çителĕклĕ пулнă май вĕсем мăнтăр, вăйлă. Суракине, тĕпрен илсен, МТС-ăн 15-мĕш трактор бригади туса парать. Бригада тракторсемпе ялхуçалăх машинисене суракине кăларма хатĕрлесе çитернĕ. Унпа пĕрлех артель хăйĕн вăйĕсене те хатĕрлет. П. Плешков, Е. Плешков, А. Океанов тата Н. Гордеев тимĕрçĕсем виçĕ бригадăн плугисемпе сÿрисене юсаса пĕтерчĕç, халĕ ытти бригадăсен ĕç хатĕрĕсене юсаççĕ. А. Скворцов, В. Скобелев тата А. Кротов колхозниксем кÿлмелли яналасем хатĕрлеççĕ.

Пĕлтĕр эпир пĕрремĕш хут 75 гектар кукуруза акса турăмăр. Малтанхи çул çак çĕнĕ культура пирки иккĕленекенсем те пулкаларĕç. Пурнăç эпир йăнăшманнине кăтартса пачĕ. Унăн симĕс масси гектартан 500-шер центнер тухрĕ, Кукурузăран 800 тонна паха силос хывса хăвартăмăр, темиçе гектар çинчи симĕс массăна çуллахи уйăхсенче çулса ĕнесене çитернĕ. Кукуруза силосĕ, выльăх кăшманĕ тата çĕрулми ĕнесем валли сĕтеклĕ апат çителĕклĕ хатĕрлеме май пачĕ. Сĕтеклĕ апатпа тăрантарнăран ĕнесем сĕт парасси те ÿсрĕ. 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕ хушшинче иртнĕ ялхуçалăх çулĕнчи çав вăхăтринчен 37 процент сĕт нумайрах суса илнĕ.

Кукуруза лаптăкне кăçал пĕлтĕрхинчен виçĕ хут ытла ÿстеретпĕр. Унпа пĕрлех унăн тухăçлăхне ÿстерме: кашни гектартан 600 центнертан кая мар симĕс масса туса илме йышăннă. Кукуруза акмалли лаптăксене кĕркуннех тарăн сухаласа хăварнă, халĕ унта юр тытатпăр, тислĕк кăларатпăр. Колхозниксем агрокурс занятийĕсенче ялти 7 çул вĕренмелли шкул биологĕ И. Тарасов юлташ ертсе пынипе çĕнĕ культурăн агротехникине вĕренеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çак кунсенче «Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ÿстересси çинчен» постановлени йышăнчĕç. Ку вăл—партипе правительство совет халăхĕшĕн ырми-канми тăрăшнине кăтартса паракан çĕнĕ тĕслĕх. Çак постановленипе хавхаланса эпир кăçал çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине те тĕпрен лайăхлататпăр.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра тума палăртнă пысăк ĕçсем пирĕн колхозниксен вăй-хăвачĕпе хастарлăхне татах ÿстереççĕ. Вĕсем кăçал кашни гектартан 17,7 центнер тĕштырă туса илсе, ку енĕпе çĕнĕ пилĕкçуллăхра лартнă задачăна пурнăçлама çĕршыва пулăшаççĕ.

**П. ТУКМАКОВ.**

Чкаловски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

*КПСС обкомĕнче*

## 1956 çулхи 1-мĕш кварталти вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли уйăхлăх ирттересси çинчен

КПСС обкомĕн бюровĕ февралĕн 15-мĕшĕпе мартăн 15-мĕшĕ хушшинче 1-мĕш кварталти вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли уйăхлăх ирттерме йышăннă.

КПСС райкомĕсемпе ĕççынни депутачĕсен райсовет исполкомĕсене уйăхлăх вăхăтĕнче йывăç касса хатĕрлеме, çул хĕррине илсе кăларма, турттарма заданисем панă.

КПСС райкомĕсен секретарĕсемпе райисполкомсен председателĕсене уйăхлăх вăхăтĕнче колхозниксемпе колхозсен туртăм вăйне вăрман хатĕрлевне массăллăн хутшăнтарма, йывăç касса хатĕрлемелли, çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли задание пурнăçлама хушнă.

Вăрманпромхозсене ĕçлеме каякан колхозниксемпе колхозницăсем хушшинче уйăхлăх вăхăтĕнче массăлла-политикăлла ĕçе организацилеме КПСС райкомĕсемпе райисполкомсен ответлă работникĕсене уйăрса ямалла.

«Чăвашвăрман» тресчĕн управляющине Игнатьев юлташа тата вăрманпромхозсен директорĕсене уйăхлăх вăхăтĕнче ĕçлеме пыракан колхозниксемпе колхозницăсене пурăнма хваттерсем тупса памалла, инструментсем, апат-çимĕç уйăрса памалла. Уйрăмах культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатасси çине тимлĕрех пăхмалла.

Вăрман хатĕрлевĕнче ĕçе организацилессине тата техника тĕлĕшĕнчен ертсе пырассине лайăхлатмалла, механизмсене тата вăхăтлăха ĕçлеме пынă рабочисемпе лавсене татти-сыпписĕр, тухăçлă ĕçлеттермелле, çирĕплетнĕ заданисемпе талăкри графиксене тултарса пымалла.



Укерчĕк çинче: Çĕмĕрлери сĕтел-пукан тăвакан комбинатра ĕçлекен столяр-сборщик К. Муравьев комсомолец партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура ĕç нормине 300 процент таран тултарса пырать.

И. Никифоров фотоÿкерчĕкĕ.

## Съезд умĕнхи обязательствăна срокчен пурнăçланă

ÇĔРПӲ. Районти колхозсем кăçалхи пĕррĕмĕш кварталта государствăна сĕт памалли плана срокчен—КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне тултарма обязательство йышăннăччĕ. Колхоз ĕçченĕсем хăйсен сăмахне татах та маларах пурнăçларĕç. Февралĕн 6-мĕшĕ тĕлне пĕррĕмĕш кварталта государствăна обязательнăй йĕркепе сĕт памалли плана 113 процент, закуп шучĕпе сутмалли плана—124 процент тултарнă. Хрущев ячĕпе, Сталин ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан, «Новая жизнь», «Коммунар» колхозсем квартал планне 135—250 процент тултарчĕç.

Районти çу заводĕнчи мастерсемпе работницăсем, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, икĕ уйăх планне февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне тултарма пулнăччĕ. Вĕсем хăйсен обязательствине январь уйăхĕнчех пурнăçларĕç. Кăçалхи январьте завод, иртнĕ çулхи январь уйăхĕпе танлаштарсан, тăватă хут нумайрах продукци туса кăларнă. Çу пахалăхĕ—пĕтĕмпех пĕррĕмĕш сорт.

**Н. ВОЛКОВ.**

## Удобренисем нумайрах кăларма тăрăшаççĕ

МУРКАШ. (Хамăр корр.). Энгельс ячĕпе тăракан колхоз çулсеренех вырăнти удобренисемпе анлăн усă курать. Иртнĕ çулта артель сухалакан çĕрсен кашни гектарĕ пуçне 11 тонна тислĕк кăларчĕ, çакна май вăл тухăçлă тырпул туса илчĕ. Артель членĕсем кăçал та вырăнти удобренисем пухса хатĕрлес тата вĕсене уя кăларас енĕпе паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăрса, январь уйăхĕнче уя пĕтĕмпе 2.823 тонна тислĕк кăларнă. Кунсăр пуçне 90 центнер кĕл тата 65 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса хатĕрленĕ. Çак колхозри уй-хир ĕçченĕсем 1956 çулта кашни гектартан 16 центнертан кая мар тĕштырă туса илме сăмах панă. Çакна пурнăçлас шутпа вĕсем улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррĕмĕш çулĕнче сухалакан çĕрсен кашни гектарĕ пуçне уя 13 тонна тислĕк кăларма тăрăшаççĕ.

### РЕСПУБЛИКĂРИ КОЛХОЗСЕНЧЕ 1956 ÇУЛХИ ФЕВРАЛЬ УЙĂХĔН ПĔРРЕМĔШ ВУНĂКУНЛĂХĔНЧЕ КАШНИ ĔНЕРЕН ВĂТАМ ШУТПА МĔН ЧУХЛĔ СĔТ СУСА ИЛНИНЕ КĂТАРТНИ

| | литрпа |
|---|---|
| Улатăр | 38,2 |
| Çĕрпÿ | 36,4 |
| Вăрнар | 36,0 |
| Чкаловски | 33,2 |
| Муркаш | 32,0 |
| Елчĕк | 29,6 |
| Етĕрне | 29,2 |
| Çĕмĕрле | 27,4 |
| Шупашкар | 25,6 |
| Первомайски | 25,0 |
| Комсомольски | 24,2 |
| Красноармейски | 23,0 |
| Йĕпреç | 22,0 |
| Чурачăк | 22,0 |
| Калинино | 21,7 |
| Шăхасан | 21,2 |
| Сĕнтĕр | 20,8 |
| Хĕрлĕ Чутай | 20,5 |
| Канаш | 19,7 |
| Кувакино | 19,6 |
| Сĕнтĕрвăрри | 19,5 |
| Пăрачкав | 19,2 |
| Шăмăршă | 19,0 |
| Ишлей | 18,7 |
| Элĕк | 18,5 |
| Вăрмар | 18,4 |
| Октябрьски | 18,3 |
| Советски | 18,0 |
| Тăвай | 15,8 |
| Куславкка | 13,2 |

# Строительство ĕçĕнчи перекетлĕхшĕн

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Проектсем хатĕрлес ĕçри тата строительствăри ытлашши тăкаксене пĕтересси çинчен» йышăннă постановлени строительство ĕçне тĕпренех лайăхлатмалли майсене кăтартса пачĕ.

Проект тăвакан нумай организацисем тата архитекторсем хăйсен ĕçне тĕрĕс мар çулпа туса пынă. Çĕнĕрен тăвакан çуртсене тулашĕнчен хаклă йышши материалсемпе илемлетнĕ тата стройкăсене тĕрĕс мар вырнаçтарнă пирки государство укçине миллионшар тенкĕ усăсăр тăкакланă. Çав вăхăтрах çуртсене шал енчен илемлĕрех, пурăнма лайăхрах тăвасси çинчен пачах маннă.

Акă, сăмахран, Шупашкар хулипех илер. Карл Маркс урамĕнче тăвакан ялхуçалăх институчĕн вĕренмелли корпусĕн конфигурацийĕ кукăр-макăр, фасачĕ те никам ăнланмалла мар. Фасада илемлетес тесе пулас, çурт çине çӳлĕ башня лартма шутланă. Çак башня государствăна çур миллион тенке ытла ларчĕ.

Педагогика институчĕн çĕнĕ çурчĕн те ытлашши япаласем нумай. Проект тăрăх, кунта шалти колоннăсене искусственнăй мраморпа илемлетме, цокольсене гранитпа витме шутланă.

Ф. Сергеев архитектор Чăвашпромсовет çурчĕн проектĕнче пусма клеткинче параллелограм евĕрлĕ чӳречесем шухăшласа кăларнă. Кунашкал чӳречесене заводра та туса хатĕрлеме питĕ йывăр.

А. Максимов архитектор туса хатĕрленĕ драма театрĕ çурчĕн проектĕнче нимпе ăнлантарса пама çук ҫитменлĕхсем пур. Çурт сакăр колоннăллă портикран тăрать. Гардероб патне илсе пыракан коридора 3 метр сарлакăш çеç тунă. Фасад колоннисем çинче çакăнса тăракан стена, портик айĕнчи вăрăм галерея туни те ытлашши тăкаксем тăвасси патне илсе пырать.

Строительствăри кустарщинăна тата тăкаксене пĕтерес тесен, малашне çуртсене йӳне ларакан типовой проектсем тăрăх тумалла. Типовой проектсем çак йĕркене пăхăнса тăмалла: вĕсем форма енĕпе — лайăх, экономика енĕпе—перекетлĕ пулмалла.

Шупашкарта хальхи вăхăтра типовой проектсем тăрăх питĕ сахал çуртсем лартаççĕ-ха. Сăмахран, «Чăвашстрой» тресчĕ хулари 7 объектран виççĕшне кăна типовой проектсем тăрăх тăвать.

Партипе правительствăн çĕнĕ постановленине сӳтсе явнă хыççăн эпир хамăр тăвакан çуртсен проекчĕсене тивĕçлĕ улшăнусем кĕртрĕмĕр. Акă, Сергеев архитектор тунă проектра Чăвашпромсовет çурчĕн перекрытийĕсене монолитлă тимĕрбетонран тума пăхнă. Ку строительство ĕçне ăнăçлă тума питĕ чăрмантарать. Г. Николаев инженер сĕннипе нумай перекрытисене тимĕрбетон плитасенчен тума йышăнтăмăр. Сталин ячĕпе тăракан проспектра тăвакан 49 хваттерлĕ çуртăн проекчĕ тăрăх 57 балкон пулмалла. Халĕ эпир 57 балконран 43-шне кăна хăвартăмăр. Çак мероприятисем государство укçине вуншар пин тенкĕ перекетлеме май пачĕç.

Пурăнмалли çуртсенче магазинсем, столовăйсемпе ресторансем туни те пысăк ҫитменлĕх пулса тăрать. Çакăн пек çуртсенче пурăнакан çынсем картишсĕр антăраççĕ. Ача-пăча валли выляма вырăн та çук. Çурт картишĕнче суту-илӳ организацийĕсен склачĕсем вырнаçнă, кунĕн-çĕрĕн автомашинăсен сасси кĕрлесе тăрать. Кунашкал çуртсем Шупашкар хулинче те сахал мар.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕн Постановленийĕ тата Архитекторсен пĕтĕм Союзри иккĕмĕш съезчĕ малашне строительствăра малта пыракан меслетсене анлăн ĕçе кĕртме, индустрилле тата прогрессивла çĕнĕ меслетсемпе тĕрĕс усă курса ĕçлеме кирлине кăтартса пачĕ.

Юлашки вăхăтра «Чăвашстрой» тресчĕ строительствăри çĕнĕ меслетсемпе анлăн усă курма тытăнчĕ. Пирĕн тимĕрбетон хатĕрлеме ятарласа тунă усă полигон пур. Полигонра плитасем, прогонсем, пăрăссем хатĕрлетпĕр. Ытти организацисен заказĕсене те нумай пурнăçлатпăр. Энерготехникумăн общежити çурчĕн никĕсне бетонран тунă пысăк блоксенчен пуçтарнă. Пединститут корпусне тунă çĕрте гипспа пăчкă кĕрпинчен хатĕрленĕ плитасемпе нумай усă курнă.

Трестăн строительство ĕçне тĕпрен лайăхлатмалли пысăк резервсем пур. Пирĕн строительсем пухса хатĕрленĕ тимĕрбетон конструкцисемпе анлăрах усă курас тĕлĕшпе пысăкрах ĕçсем тума тивĕçлĕ. Партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, эпир строительство ĕçне хăвăртлатма индустрилле меслетсемпе ĕçлеме, лайăх тата çирĕп çурт-йĕрсем тума сăмах паратпăр.

Трест коллективĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕ, съезд ячĕпе çĕнĕ обязательствăсем йышăнчĕ. Вăл кăçал çĕнĕ меслетсемпе анлăрах усă курма, строительствăпа проектсенчи ҫитменлĕхсене пĕтерме, индустрилле меслетпе, тимĕрбетон конструкцисемпе анлăн усă курма пулчĕ.

Кăçал трестăн, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 1,8 хут нумайрах ĕçсем тумалла. Коллектив çак пысăклатнă плана ăнăçлă тултарма тăрăшать. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем педагогика институчĕн тĕп корпусне сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, 49 хваттерлĕ çурта—ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне, Шупашкарти ача çуратмалли çурта августăн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме сăмах пачĕç. Халĕ вĕсем панă обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешеççĕ.

**И. КОЗЛОВ.**
«Чăвашстрой» тресчĕн главнăй инженерĕ.

# Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕсене наградăсемпе премисем пани

(Юлашки. Пуçламăшĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 27-мĕшпе 28-мĕш номерĕсенче).

### ШУПАШКАР РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. «Красный флот» колхоза сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 10,3 центнер сысна ашĕ тата 8.500 çăмарта илнĕшĕн—библиотека.

2. «Красный флот» колхоз председательне П. Г. Григорьева—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

3. Молотов ячĕпе тăракан колхозри Е. И. Гаврилова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 3.398 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пĕчĕк ылтăн медаль тата çĕвĕ çĕлемелли машина.

4. Молотов ячĕпе тăракан колхозри Е. Н. Кириллова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 3,315 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата радиоприемник.

5. Чăваш государство ялхуçалăх институчĕн вĕренӳ хуçалăхĕнчи А. Н. Титова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 4.128 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пĕчĕк ылтăн медаль.

6. Чăваш государство ялхуçалăх институчĕн вĕренӳ хуçалăхĕнчи А. Н. Никандрова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 4.077 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата çĕвĕ çĕлемелли машина.

### ЙĔПРЕÇ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. Киров ячĕпе тăракан колхоза кашни гектартан 5,14 центнер йĕтĕн вăрри тата 5,0 центнер йĕтĕн сӳсĕ туса илнĕшĕн—киноустановка.

2. Колхозри уй-хир бригадин бригадирне П. Е. Егорова, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 6,32 центнер йĕтĕн вăрри тата 5,96 центнер йĕтĕн сӳсĕ туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль тата сехет.

### ОКТЯБРЬСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. «Звезда» колхоза кашни гектартан 11,7 центнер хăмла, 247,6 центнер çĕрулми тата сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 9,2 центнер сысна ашĕ туса илнĕшĕн—çил вăйĕпе ĕçлекен установка.

2. «Звезда» колхоз председательне С. Я. Яковлева—радиоприемник.

3. Колхоз агрономне А. Р. Романовăна—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

4. Колхозри уй-хир бригадирне А. А. Андреева, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 306 центнер çĕрулми пухса кĕртнĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата радиоприемник.

5. Хăмла тăвас енĕпе ĕçлекен бригадăн бригадирне С. П. Фадеева, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 14,67 центнер хăмла илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

6. Уй-хир бригадирне А. Е. Евдокимова, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 279 центнер çĕрулми пухса кĕртнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

7. «Путь коммунизма» колхоза кашни гектартан 12,75 центнер хăмла туса илнĕшĕн тата çамрăк сада лайăх пăхса ӳстернĕшĕн—библиотека.

8. «Путь коммунизма» колхоз председательне Д. П. Порфирьева—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

9. Колхозри уй-хир бригадирне С. К. Кузьмина, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 16,2 центнер хăмла туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### ИШЛЕЙ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. «За коммунизм» колхоза сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 19,3 центнер сысна ашĕ тата 2.100 çăмарта, 100 гектар çĕр пуçне 65 килограмм çăм илнĕшĕн—çил вăйĕпе ĕçлекен установка.

2. «За коммунизм» колхоз председательне А. И. Шмелева—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

3. Колхозри парторганизаци секретарьне А. И. Шуркина—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

4. Колхоз зоотехникне А. И. Кузнецовăна—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### КРАСНОАРМЕЙСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. Мичурин ячĕпе тăракан колхоза 1 килограмм гренăран 547 килограмм кокон илнĕшĕн тата сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 9,3 центнер сысна ашĕ туса илнĕшĕн—библиотека.

2. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз председательне И. Я. Яковлева,—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

3. Колхозри пурçăн хурчĕ ĕрчетес енĕпе ĕçлекен звенон звеньевойне Е. П. Петровăна, вăл ертсе пыракан звено 1 килограмм гренăран 808 килограмм кокон туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

4. Ленин ячĕпе тăракан колхозри З. М. Михайлова свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни амаран 23 çура илсе ӳстернĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### ÇĔМĔРЛЕ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. А. В. Долговăна, Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозăн зоотехникĕ пулнăскерне,—Пысăк кĕмĕл медаль.

2. Çĕмĕрле вăрман хуçалăхĕн бригадирне Ф. И. Артюковăна—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

3. Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан заводăн токарьне А. Г. Кантышева çулталăкри задание 387 процент тултарнăшăн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### ВĂРМАР РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. «Свобода» колхозăн бригадирне В. М. Миронова, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 3,32 центнер люцерна вăрлăхĕ туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

2. «Слава колхозăн бригадирне Г. П. Андреева, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 7—14 центнер хăмла туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

* * *

1. Канаш районĕнчи «Красная пламя» колхозри П. В. Васильева свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни амаран 23 çура илсе ӳстернĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

2. Первомайски районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозри Н. Д. Долгова свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни амаран 23,5 çура илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль тата сехет.

3. Сĕнтĕр районĕнчи «Новая юнга» колхоза кашни гектартан 8,1 центнер кантăр вăрри, сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 12,5 центнер сысна ашĕ тата 5.080 çăмарта илнĕшĕн çил вăйĕпе ĕçлекен установка.

4. Советски районĕнчи «Коммунизм» колхозăн бригадирне Г. П. Державина, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 11,93 центнер кантăр вăрри туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

5. Шупашкарти хушма хуçалăхăн бригадирне Н. М. Марьинăна, вăл ĕçлекен теплицăра кашни тăваткал метртан 14 килограмм хăяр тата 13 килограмм помидор туса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

# Съезд умĕнхи кунсенче

(Редакцие килнĕ çырусем тăрăх)

КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлас кун çывхарса çитрĕ. Республикăри ĕçсыннисем çак историлле событие производствăлла тата политикăлла активлăха вăйлатипе кĕтсе илеççĕ. Ялсенче кашни колхоз, кашни колхозник çак кунсенче Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн ытларах та ытларах вăй хурса ĕçлет.

Иртнĕ çулхи ноябрь уйăхĕнче Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Чăваш АССР-ĕнчи мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнма чĕнсе каланăччĕ. Çак артель кăçал тĕштырă, сĕт-су тата ытти выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес енĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьпе январьти Пленумĕсем палăртнă шая çитме пулчĕ. Кольцовка ĕçченĕсен чĕнĕвне ответлесе, республикăри колхозсенче КПСС XX-мĕш съездне ĕçри пысăк ҫитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Чылай колхозсенче çак кунсенче çуракине хатĕрленес ĕçе вăйлатрĕç. Колхоз ĕçченĕсем, тухăçлă тырпул туса илессишĕн кĕрешсе, вăрлăхсене хăвăртрах тасатса хума, хире тислĕк, торф, юшкăн тăпри ытларах кăларма тата минераллă удобренисем ҫителĕклĕ хатĕрлеме тăрăшаççĕ.

Калинино районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз кăçал кашни гектартан вăтам шутпа 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме йышăннă. Çак обязательствăна чыслăн пурнăçлас тесе, колхозниксем 9.146 центнер компост хатĕрленĕ, 897 центнер минераллă удобрени кӳрсе килнĕ, уя 1.270 тонна ытла торф кăларнă, 160 центнер кĕл, 47 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухнă,—тесе пĕлтерет С. Филиппов ялкор. Артель кашни бригадăна уя тислĕк тата торф кăларас енĕпе уйрăм заданисем панă. Колхозниксем ăна чыслăн пурнăçлаççĕ. Колхозăн çуракинче акма вăрлăх ҫителĕклĕ, халĕ ăна иккĕмĕш хут аласа тасатаççĕ.

КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне сӳтсе явнă май, Чурачăк районĕнчи Шуркассинчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал кашни гектар çĕр çине 20 тоннăран кая мар тислĕк кăларма пулнă. М. Александров колхозник çырса пĕлтернĕ тăрăх, çак обязательство халĕ ăнăçлăн пурнăçланса пырать. Колхозра уй-хире тислĕк кăларас енĕпе ятарласа воскресниксем ирттереççĕ. Воскресниксенче уя çĕршер тонна тислĕк кăлараççĕ. Çак ĕçе уйрăмах комсомолецсемпе çамрăксем активлăн хутшăнаççĕ. Артель уя пурĕ 7 пин тонна ытла тислĕк кăларнă та ĕнтĕ.

Кăçал нумай колхозсем кукуруза акма тимлĕн хатĕрленеççĕ. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Молния» колхоз членĕ П. Герасимов юлташ пĕлтернĕ тăрăх, кунта кукуруза акма чи лайăх участоксем суйласа хунă, унта тата çурхи тырăсем акмалли лаптăксем çине пин тоннăна яхăн тислĕк турттарнă. Колхоз кукуруза лартнă чухне лакăмсене хурса пыма тата калчана апатлантарма минераллă удобренисем чылай хатĕрленĕ.

Суракине хатĕрленсе ҫитессишĕн колхозниксем пĕтĕм вăй-хала парса ĕçлени çинчен редакцие çавăн пекех Куславкка районĕнчи «Динамо» колхозран И. Миронов, Красноармейски районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозран В. Григорьев, Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхозран П. Андреев, Ишлей районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозран С. Савельев юлташсем тата ыттисем те çырса пĕлтерчĕç.

Съезд умĕнхи вăхăтра уй-хир ĕçченĕсемпе пĕрлех, выльăх-чĕрлĕх работникĕсен те ĕçри хастарлăхĕ нумай ӳсрĕ. Дояркăсемпе свинаркăсем, çĕнĕ те пысăк обязательствăсем йышăнса, вĕсене срокчен пурнăçлассишĕн пĕр-пĕринпе тимлĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри дояркăсем февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен вăтам шутпа 700 литртан кая мар сĕт суса илме обязательство йышăннă. Вĕсем февралĕн 1-мĕшĕ тĕлнех кашни ĕнерен 633 литр сĕт суса илнĕ. Уйрăм дояркăсен ĕçри ӳсĕмĕ татах та пысăкрах. Л. Кольцова доярка, сăмахран, çĕнĕ хуçалăх çулĕн тăватă уйăхĕнче кашни ĕнерен 766-шар литр сĕт суса илнĕ, районти дояркăсем хушшинче КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан ăмăртура малти вырăна тухнă.

— «Звезда» колхозри дояркăсем,—çырса пĕлтерет В. Трофимов юлташ Октябрьски районĕнчен,—пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Çĕнĕ хуçалăх çулĕн тăватă уйăхĕ хушшинче кашни ĕнерен вăтам шутпа 467 килограмм сĕт суса илнĕ. Çакă вăл иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен кашни ĕне пуçне 93 килограмм ытларах пулать. Колхозри малта пыракан доярка Нина Дмитриева февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен 836 литр сĕт суса илнĕ, съезд уçăлас кун тĕлне сĕт суса илес енĕпе йышăннă обязательствăна ирттерсе пурнăçланă. Хастарлă доярка февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен 950-шар литр сĕт суса илме тăрăшать. М. Соболева, А. Иванова тата А. Николаева дояркăсем те съезд уçăличчен кашни ĕне пуçне 550—720 килограмран кая мар сĕт суса илессишĕн пĕтĕм вăйне хураççĕ.

Канаш районĕнчи «Мотор» колхозра иртнĕ çул ĕнесенчен сĕт сахал суса илнĕ пулнă. Çакă вăл, чи малтан, ĕнесене пăхас ĕçе тата дояркăсен ĕçне тĕрĕс организацилеме пĕлменнинчен килнĕ. Кăçал çак ҫитменлĕхсене пĕтернĕ. Çĕнĕ хуçалăх çулĕнчи тăватă уйăх хушшинче пĕлтĕрхи çав вăхăтринчен кашни ĕне пуçне 82 килограмм сĕт ытларах суса илнĕ. Артель правленийĕ дояркăсене ĕçлеме лайăх условисем туса панă. Артельти свинаркăсем те ырă тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Вĕсем самăртакан сыснасем талăкра 600-шер грамран кая мар хутшăнса пыраççĕ.

Красноармейски районĕнчи «Волга» колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансен ĕçĕсем çинчен В. Ермолаев юлташ çырать.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен йышăннă постановление пирĕн республикăри ĕçсыннисем пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç, çавна май çак кунсенче вĕсем çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне ӳстермелли çĕнĕрен те çĕнĕ майсене палăртаççĕ.

Пире Вăрмар районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра кăçал çĕрулми лартмалли лаптăка 155 гектара ҫитерме йышăнни çинчен çырса пĕлтерчĕç.

# Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен отчечĕсем

КАНАШ. Жданов ячĕпе тăракан колхозри клуб питех те начар условисенче ĕçлет. Колхоз правленийĕпе ял Совечĕ, ялти парти тата комсомол организацийĕсем клуб ĕçĕ çине тивĕçлипе пăхман. Вутă декабрь уйăхĕнче çеç турттарса панă, урай хăмисем çĕрнĕ, пĕренесем хушшинчен çил вĕрет. Клубра хĕле кĕнĕренпе нимĕнле массăлла ĕç те ирттермен. Отчетлă пухура Н. Суранов, И. Киселев коммунистсем, нумай колхозниксем ял ĕçченĕсен культурăлла канăвне йĕркелеме условисем туса паманшăн колхоз правленийĕпе ял Совет руководителĕсене хытă критиклерĕç.

**И. ИВАНОВ.**

ЭЛЕК. Тавăтри клуб ялти ĕçсыннисем хушшинче культурăллă-массăллă ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Иртнĕ çулталăк хушшинче клуб çумĕнчи лекторсен ушкăнĕ ĕçсыннисене 17 лекци, 62 доклад вуласа панă. Драма кружокĕн вăйĕпе 23 спектакль лартнă.

Стена хаçачĕпе боевой листоксем тăтăшах тухса тăраççĕ. «Колхозник» стена хаçачĕ 42 номер тухнă.

Колхозри социализмла ăмăрту итогĕсене кăтарту хăми çине çырса пыраççĕ. Клубра хаçат витрини пур, тĕрлĕ тематикăллă кĕнеке витринисем йĕркеленĕ.

Хальхи вăхăтра клуб партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне колхозниксене ăнлантарса парас тĕлĕшпе ĕçлет.

**П. ТЕРЕНТЬЕВ.**

# КĔСКЕН

**Электричество кĕртеççĕ.** Канаш районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозра колхозниксен килĕсемпе обществăлла çуртсене электричество кĕртме хатĕрленеççĕ. Кунпа пĕрлех яла радио кĕртеççĕ. Радиоузелпа электростанцие ĕçлеттерме двигательсем вырнаçтарса лартнă.

**Облигацисем туянаççĕ.** Куславккари перекет касси кăçалхи январьте ĕçсыннисене заем вылявĕсем тăрăх 180 пин тенкĕ тӳленĕ. Çакна май кунта государствăн виçĕ процентлă заемĕн облигацийĕсене туянасси ӳссе пырать. Çак заемăн облигацийĕсене ĕçсыннисем пĕр уйăх хушшинче 36 пин тенкĕлĕх туяннă.

**Вулакансен конференцийĕсем.** Шăхасан районĕнчи Ямашри вăтам шкулта час-часах вулакансен конференцийĕсене ирттереççĕ. Юлашки вăхăтра кунта А. Алган «Юлташпа юнашар», А. Гайдарăн—«Манăн юлташсем», А. Фадеевăн—«Çамрăк гварди» ятлă кĕнекисем тăрăх вулакансен конференцийĕсем пулнă.

**Çу парса татнă.** Ишлей районĕнчи «Сталинская гвардия» колхоз членĕсем А. Кудрявцев, П. Логинова, С. Миронова тата ыттисем, пурĕ 11 хуçалăх, кăçал государствăна çу памалли обязательствăна срокчен пурнăçланă.

# Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Советски районĕнчи Хучаш ялĕнчи çамрăксенчен Лапракасси ялпо председателĕ Ф. М. Матвеев Хучаш клубне ӳсĕр пырса кĕрсе хăйне йĕркесĕр тыткалани тата унтан çамрăксене хăваласа кăларни çинчен редакцие çыру килнĕччĕ.

Советски райпотребсоюз пĕлтернĕ тăрăх, Ф. М. Матвеев чăнахах та клуба ӳсĕр пырса кĕнĕ, хулиганла ĕçсем тунă. Матвеев çинчен райпотребсоюз правленийĕнче сӳтсе явнă, ăна выговор панă.

# Кадрсен экономикăлла пĕлĕвне ӳстерессишĕн

Пирĕн çĕршыв Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне ĕçсыннисен политикăлла тата производствăлла активлăхĕ нихçанхинчен те ытларах ӳссе пывă тапхăрта кĕтсе илет. Совет халăхĕ ССР Союзĕнчи халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне чĕререн ырлать.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план СССР халăх хуçалăхне, уйрăмах социализмла экономикăн тĕп никĕсĕ пулса тăракан йывăр индустрие, вăйлăн аталантарма палăртать. Çĕнĕ пилĕкçуллăха ăнăçлă пурнăçлани Тăван çĕршывăн экономикăлла хăватне, оборона тĕреклĕхне ытларах ӳстерме, халăх пурнăçĕпе культурине татах лайăхлатма май парать.

«Улттăмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлăн пурнăçа кĕртесси çынсенчен—рабочисенчен, колхозниксенчен, интеллигенцирен, вĕсем вăя шеллемесĕр, паттăр ĕçленинчен, пирĕн парти, совет, хуçалăх, профсоюз организацийĕсен организаторла ĕçĕнчен, вĕсем промышленность предприятийĕсене, стройкăсене, колхозсене, машина-трактор станцийĕсене, совхозсене мĕнле ертсе пынинчен килет», тенĕ Директивăсен проектĕнче.

Паллă ĕнтĕ, промышленноçа малалла ăнăçлă аталантарасси тата КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ партнă пысăк та ответлă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлас тесе, парти организацийĕсен кашни предприятие ертсе пырасене, партилле-политикăлла тата идеологилле ĕçе татăклăн лайăхлатмалла. Промышленноçа ертсе пыма уйрăмах ĕçе тĕплĕн, тарăнăн пĕлни кирлĕ. Çавăнпа та парти тата хуçалăх органĕсене ертсе пыракан работниксен хăйсен экономикăлла пĕлĕвне ӳстерни паллă вырăн йышăнать. Экономикăлла çирĕп пĕлӳ çеç пирĕн кадрсене малашлăха уççăн пĕлсе тăма, пур хуçалăх ыйтăвĕсене те пĕлсе, тĕрĕс татса пама пулăшать.

Канаш хулинчи парторганизаци парти вĕренĕвĕн кăçалхи çулĕнче партипе хуçалăх кадрĕсен экономикăлла вĕренĕвне организацилес тата вĕсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе хăшпĕр ĕçсем туса ирттерчĕ. Юлашки вăхăтра, хулари коммунистсем хăйсен экономикăлла пĕлĕвне ӳстерес енĕпе тăрăшарах ĕçлеме тытăнчĕç. Халĕ хулара политикăлла экономие вĕренмелли 12 кружок, çичĕ теорилле семинар, виçĕ çĕрте (вагонсем юсакан заводра, пăравуссен деповĕнче тата чугун çул станцинче) промышленность предприятисен конкретлă экономикине вĕренмелли кружоксем ĕçлеççĕ. Вĕсенче пĕтĕмпе 283 çын вĕренет. Кусемсĕр пуçне КПСС хула комитечĕ çумĕнче экономика ыйтăвĕсене вĕренмелли кăсхи шкул организациленĕ. Ăна партин хула комитечĕн секретарĕ ертсе пырать. Хула комитечĕ çумĕнчех марксизм-ленинизмăн кăсхи университечĕ ĕçлет.

Асăннă кружоксемпе шкулсенче, пĕтĕмĕшпе илсен, коммунистсемпе кадрсем—предприяти руководителĕсемпе бухгалтерсем тата экономист-плановиксем вĕренеççĕ. Сăмахран, экономика ыйтăвĕсене вĕренмелли шкулта 45 çынтан нуммăйĕ предприяти руководителĕсем, вунсаккăрăшĕ—бухгалтерсем, ыттисем экономистсемпе инженерсем тата диспетчерсем. Кунта занятисем ялан йĕркеллĕ, расписани тăрăх пулса пыраççĕ. Вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа «Социализмла промышленность предприятийĕсене ертсе пырасси», «Ĕç тухăçлăхне хăпартмалли майсем», «Хуçалăх расчечĕ—хуçалăха ертсе пырас ĕçри социализмла меслет» тата ытти темăсене вĕреннĕ. Кунта çавăн пекех политэкономие, политикăлла географие тата хальхи вăхăтри политика ыйтăвĕсене вĕренеççĕ. Лекцисемпе семинар занятийĕсене финанс техникумĕнчи преподавательсемпе парти хула комитечĕн работникĕсем ирттереççĕ. Уйрăмах Ф. Феизов, В. Андреев юлташсем лекцисене лайăх хатĕрленсе идейăпа теори енчен çӳлĕ пусăмра ирттернине палăртмалла. Вĕсем лекцисене хулари предприятисен ĕçĕсемпе, вырăнти конкретлă тĕслĕхсене илсе çыхăнтарса ирттереççĕ.

Ертсе пыракан работниксен экономикăлла пĕлĕвне ӳстерни предприятисен ĕçне лайăхлатма май парать. Çакна «Дружба» артель, моторсем юсакан завод, типографи, ĕçмелли пылак шыв хатĕрлекен предприяти т. ыт. организацисен ĕçĕнчен те аван курма пулать. Вĕсем иртнĕ хуçалăх çулне тата пилĕкмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлă вĕçлерĕç, производство планне чылай ирттерсе тултарчĕç. «Дружба» артель (председателĕ Васильев юлташ) 1955 çулхи плана 148 процент тултарчĕ, планран ирттерсе çĕршер пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Унпа пĕрлех кунта кирпĕч заводне срокчен туса пĕтерсе ĕçе ячĕç тата ытти объектсем туса лартнă.

Промышленность предприятийĕсен конкретлă экономикине вĕренмелли кружоксенчен чылайăшĕ лайăх ĕçлеççĕ. Çапла, чугун çул станцийĕнчи кружокра (руководителĕ Н. Гридасов юлташ) занятисем ялан йĕркеллĕ иртеççĕ. Кунта производство командирĕсем вĕренеççĕ. Кадрсен экономикăлла пĕлĕвне хăпартни станци ĕçне лайăхлатса пыма пулăшать. Халĕ станци коллективĕ хĕллехи йывăр условисенче те ăнăçлă ĕçлет. Хусан чугун çул Управленийĕн тата дорпрофсожăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тытса тăрать.

Вагонсем юсакан заводри конкретлă экономика ыйтăвĕсене вĕренмелли А. Прокопьев юлташ ертсе пыракан кружок та начар мар ĕçлет. Ку кружокра заводри цехсен тата пайсен начальникĕсем вĕренеççĕ. Прокопьев юлташ занятисене ăнланмалла ирттерет. Кăçалхи январĕн 6-мĕшĕнче «Производствăлла планăн контроллĕ расчечĕ» ятлă тема тăрăх ирттернĕ занятире вăл вырăнти материалпа, завод ĕçĕнчи тĕслĕхсемпе анлăн усă курчĕ. Çавна пула занятие интереслĕ иртрĕ, занятие пурне те кăмăла кайрĕ. Çакăн хыççăн хăшпĕр цехсемпе пай начальникĕсем хăйсен планĕсене çĕнĕ улшăнусем кĕртрĕç.

Юлашки вăхăтра КПСС хула комитечĕ коммунистсемпе кадрсен экономикăлла вĕренĕвне конкретлă ертсе пыма пуçларĕ. Уйрăм кружоксем мĕнле ĕçлени çинчен хула комитечĕн бюро ларăвĕсенче тата парти комитечĕсенче сӳтсе яваççĕ. Хула комитечĕн бюро ларăвĕнче пĕрремĕш номерлĕ вăтам шкул çумĕнчи политэкономие вĕренмелли (пропагандисчĕ И. Яковлев юлташ), çавăн пекех вагонсем юсакан заводри, пăравуссен деповĕнчи тата чугун çул станцийĕнчи конкретлă экономикăна вĕренмелли кружоксен ĕçĕсем çинчен сӳтсе явнă.

Калас пулать, хулари парторганизацин XI-мĕш конференцийĕччен техникăлла тата экономикăлла пропаганда çине эпир кирлĕ пек пăхман. Кун пирки конференци делегачĕсем тĕрĕс критиклерĕç. Конференци решенийĕсене пурнăçласа, эпир юлашки вăхăтра чылай ĕçсем туса ирттертĕмĕр. Лекцисем ирттермелли тематикăна тепĕр хут пăхса тухса çĕнетрĕмĕр. Лекцисем ирттерме инженерсемпе техниксене 22 çынна хутшăнтартăмăр. Вĕсем пĕр уйăх хушшинче хулари учрежденисемпе предприятисенче 36 лекци ирттерчĕç. Уйрăмах главнăй инженер П. Тимофеев «Çул-йĕр уйрăмĕнче вырăнти грузсем тиесе пушатас ĕçе организацилесси», вагонсем юсакан заводри партком секретарĕ Г. Ковалев—«Вагонсем тăвас ĕçри çĕнĕ меслетсем», çав заводри ТЭЦ начальникĕ Забиякин—«Совет энергетикин ҫитĕнĕвĕсем», чугун çулăн кăçхи техникумĕн директорĕ Смирнов — «Атом энергийĕпе халăх хуçалăхĕнче усă курни» ятлă темăсем тăрăх ирттернĕ лекцисем итлекенсене кăмăла кайнине палăртмалла. Финанс техникумĕн преподавателĕ Яковлев юлташ, сăмахран «Промышленность предприятийĕсенче продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли майсем» ятлă тема тăрăх ирттернĕ лекцире хулари моторсем юсакан тата литейно-сварочнăй заводсен ĕçĕсенчи тĕслĕхсемпе пĕлсе усă курчĕ. Çавна май лекци интереслĕ иртрĕ.

Хальхи вăхăтра лекторсен пĕр ушкăнĕ «Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли майсем», «Машиностроени — халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене прогресс тумалли никĕс», «Промышленность предприятийĕсенчи йывăр процессене комплексла механизацилес ĕçри ыйтусем» ятлă темăсем тăрăх лекцисем хатĕрлет.

Калас пулать, кадрсен экономикăлла пĕлĕвне хăпартас тĕлĕшпе ку таранччен тунă утăм вăл—ĕç пуçламăшĕ кăна-ха. Экономикăлла пĕлĕве сарас тĕлĕшпе туса ирттерекен ĕçсен идейăлла шайĕ ҫителĕксĕр. Тĕп ҫитменлĕхсенчен пĕри вăл—хăшпĕр лекцисемпе семинар занятийĕсене умра тăракан конкретлă задачăсемпе, вырăнти тĕслĕхсемпе çыхăнтармасăр ирттерни. Нумаях пулмасть КПСС хула комитечĕн бюро ларăвĕ пĕрремĕш номерлĕ вăтам шкул çумĕнчи политикăлла экономие вĕренмелли кружок ĕçĕсем çинчен И. Яковлев пропагандист отчётне итлерĕ. Кунта занятисем теори тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртмеççĕ. Пропагандист «Воспроизводство общественного капитала» тема тăрăх лекци ирттернĕ чухне хăшпĕр ыйтусене пачах ҫителĕксĕр ăнлантарнă, ҫитменнине вырăнти тĕслĕхсемпе усă курма пĕлеймен.

Хăшпĕр кружоксенче, сăмахран, çул-йĕр уйрăмĕнчи кружокра, вĕренекенсем занятисене йĕркеллĕ çӳремеççĕ е лекторсен айăпĕпе занятисене тепĕр куна хăварнисем те пулнă. Занятисене йĕркеллĕ çӳремен юлташсенчен çаксене палăртмалла: çĕвĕ çĕлекен фабрика директорĕ Анисимов, ОРС начальникĕ Тимошенко, апш-какай комбиначĕн директорĕ Сазонов. Ертсе пыракан уйрăм работниксем, политэкономие харпăр хăй тĕллĕн вĕренме килĕшсе, халĕ те йĕркеллĕ вĕренме тытăнман. Лекцисемпе консультацисене çӳремен юлташсем те пур.

Вагонсем юсакан заводра парти вĕренĕвне 44 çынна çеç явăçтарнă. Ертсе пыракан работниксенчен хăшпĕрисем хăйсен политикăлла пĕлĕвне ӳстерме тăрăшмаççĕ. Сăмахран, ĕç тата ĕçукçи пайĕн начальникĕ Пчелов юлташ 1954 çултанпа ниçта та вĕренмест, производство пайĕн экономист-плановикĕ Спиридонова юлташ та кăçалхи вĕренӳ çулĕнче халĕ те вĕренме тытăнман. Ку заводри чугун çул узелĕнчи техникăлла библиотекăсен ĕçĕнче те ҫитменлĕхсем пур.

Хальхи вăхăтра хулари коммунистсемпе кадрсене экономикăлла пĕлӳ парас тĕлĕшпе пуçламăш парторганизацисемпе хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕ ытларах ĕçлеме пуçларĕç. КПСС хула комитечĕ çак ĕçре пуçламăш парторганизацисене конкретлăрах пулăшма тытăнчĕ.

Кадрсен экономикăлла пĕлĕвне ӳстересси парти организацийĕсен питĕ кирлĕ задачи пулса тăрать. Çакна асра тытса, эпир парти, совет тата хуçалăх работникĕсен экономикăлла пĕлĕвне хăпартассишĕн малашне ытларах ĕçлĕпĕр, семинарсен занятийĕсемпе лекцисен пахалăхне чылай лайăхлатăпăр, мĕнпур идеологилле ĕçе пурнăçпа тачă çыхăнтарса туса пырăпăр. Çакă вара экономикăлла пропаганда ĕçне çӳлĕрех пусăма лартма, хуçалăхăн пур отраслĕсене те ертсе пырассине лайăхлатма пулăшĕ.

**И. ЛАСТОЧКИН.**
КПСС Канаш хула комитечĕн секретарĕ.

# Вырăнти удобренисем ытларах кăларар!

*„Минераллă удобренисемпе тата вырăнти удобренисемпе—тислĕкпе, торфпа, компостсемпе, кĕлпе лайăхрах усă курмалла. Ялхуçалăхĕ валли торф кăларакан промышленноçа сармалла. Бактериллĕ удобренисем тăвассине чылай ӳстермелле, шĕвек азот удобренийĕсем туса кăлармалла. Ялхуçалăхĕ валли кирлĕ чухлĕ извеçе промышленноçра туса кăларассине организацилемелле".*

(ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнчен).

## Уя тислĕк кăларни—агротехникăлла ĕçсенчен чи кирли

Уя тислĕк кăларасси пирĕн республикăри пек тăпраллă вырăнсенче ĕмĕртенпех йăлапа кĕнĕ. Тăмлă та кĕлленчĕк тăпраллă вырăнсенче тислĕксĕр тырпул ӳстерме çук. Çакна тырă туса курнă кашни çын пĕлет.



*Тислĕк пухса усрама ятарласа тунă вырăнсем кашни вите çывăхĕнче пулмалла.*

Тĕштырăсем, çĕрулми, техникăлла культурăсем—пурте хăйсем ӳсе пулнă вырăнтан азот, фосфор, кали тата ытти тĕрлĕ япаласем нумай илеççĕ. Ученăйсем ятарласа тĕпчесе кашни культура гектартан мĕнле япаласене мĕн чухлĕ илнине шутласа пĕлнĕ. Тыра лайăх пулнă çул пĕр гектар çĕр çинче минераллă япаласем мĕн чухлĕ пĕтни çак таблицăран лайăх курăнать (килогрампа шутласа):

| Культура ячĕсем | Азот | Фосфор | Калий |
|---|---|---|---|
| Ыраш | 34,5 | 20,6 | 39,0 |
| Сурхи тулă | 47,8 | 18,8 | 31,5 |
| Сĕлĕ | 41,0 | 20,7 | 43,5 |
| Вир | 45,0 | 21,0 | 53,0 |
| Кукуруза (тĕшши) | 62,0 | 23,4 | 73,0 |
| Пăрçа | 57,0 | 16,2 | 19,5 |
| Çĕрулми | 66,0 | 30,0 | 141,0 |



*Витери выльăх айне торф сарсан тислĕк 1,5—2 хут нумайрах пухăнать, тислĕк пахалăхĕ лайăхланать.*
*Выльăх айне улăм турамĕ сарсан тислĕкри азот çухаласси 2 хут чакать, тислĕк пахалăхĕ 10—15 процент лайăхланать.*

Тырпулсем тăпраран илекен япаласем тислĕкре пурте пулаççĕ. Çавăнпа тислĕк ытти тĕрлĕ удобренисем хушшинче чи хакли пулать. Удобренисемсĕр уй-хир хытса юлать, тырпул пулми пулать, мĕншĕн тесен тăпраран мĕн илнине таварса памасан, вăл чухăпланса юлать.

Анчах, ку вăл çапла пулин те, юлашки çулсенче чылай колхозсем тислĕк сахал хатĕрлекен пулчĕç. Сăмахран, пĕтĕм республикипе илсе шутласан, колхозсем пĕлтĕр висĕмçулхинчен сахалрах тислĕк кăларнă, сухалакан кашни гектар пуçне вăтам шутпа мĕн пурĕ те 6—7-шер лав çеç тислĕк тăкнă. Кăçал та тислĕкшĕн кĕрешес ĕçре пысăк улшăну туни курăнмасть-ха.

Халĕ ĕнтĕ колхозсен уй-хирĕсенче тракторсем ĕçлеççĕ. Трактористсем сухалаççĕ, вĕсемех акаççĕ, авăн та çапса параççĕ. Механизаторсем хăйсен ĕçĕсене аван тăваççĕ, мĕн тарăнăш кирлĕ — çавăн тарăнăш сухалаççĕ. Анчах темĕнле лайăх сухаласа аксан та, çĕре тислĕк е органикăлла ытти тĕрлĕ удобрени памасан, пирĕн патăрта тырпул тухăçĕ вăйлă пулаймасть. Уя тислĕк сахал кăларнă пирки хăшпĕр колхозсем начар тырпул ӳстереççĕ.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоза пурте пĕлеççĕ. Вăл çулленех вăйлă тырпул ӳстерет, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетсе артель хуçалăхне вăйлатса пырать. Çак колхозăн членĕсем çапла калаççĕ: тĕштырăсен, техникăлла культурăсен, çĕрулмин тата кукурузăн тухăçлăхне ӳстерме май паракан пысăк резерв вăл—тăпрана тислĕк нумай тăкса минераллă удобренисем сапса çемçетни пулать. Çакна вĕсем хăйсен опытĕнчен лайăх курса тăраççĕ. Вĕсем уй-хире çулленех питĕ нумай удобренисем кăлараççĕ.

Кĕлленчĕк е тăмлă тăпра çинче çеç мар, хура тăпраллă вырăнсенче те тислĕк питĕ кирлĕ. Тĕслĕхрен, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоза илер. Унăн уйĕсем хура тăпраллă вырăнта вырнаçнă. Пирĕн ахаль те хура тăпра тесе, кунта 1950 çулччен уя тислĕк кăларма питех тăрăшман пулнă. 1950 çулта сухалакан çĕрĕн пĕр гектарĕ пуçне вăтам шутпа пурĕ те 1,4-шер тонна кăна тислĕк кăларнă. Малалла кунта та органикăлла удобренисем ытларах кăларма тытăннă, вара 1954 çулта гектар пуçне 6,4-шер тонна тислĕк кăларнă. Çавна май 1954 çулта гектар пуçне ыраш тухăçĕ 9 центнертан 20,6 центнера, çурхи тулă тухăçĕ—12,4 центнертан 20,1 центнера çитнĕ. Нумай çул ӳсекен курăксем 1950 çулхинчен тăватă хут лайăхрах пулма пуçланă.

Çапла вара, вăйлă тырпул ӳстерме республикăри кирек хăш районта та, кирек хăш колхозра та уя тислĕк ытларах кăларма тăрăшни кирлĕ.

Обласри парти организацийĕн XXVI-мĕш конференцийĕ уй-хире пĕлтĕрхинчен 2—3 хут ытларах тислĕк кăлармалла тесе кăтартса хăварчĕ. Вăл сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне кăçал 6 тоннăран кая мар тислĕк тухмаллине пĕлтерет. Вăл кашни колхозрах тислĕк ытларах хатĕрлемелли майсене шыраса тупма, уя тислĕк нумайрах кăларма пĕтĕм вăя мобилизацилеме хушать.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăрту сарса яма республикăри мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене чĕнсе каланинче çапла çырчĕç:

**«Удобренисем хатĕрлеме тата уй-хире кăларма эпир колхозăн мĕнпур вăйĕсене, пур колхозниксемпе колхозницăсене мобилизацилетпĕр. Çав шутпа удобренисем кăларма кашни уй-хир бригадине, выльăх-чĕрлĕх фермине, çавăн пекех уй-хир бригадисемпе фермăсенче кашни колхозника задани паратпăр. Удобренисемшĕн кĕрешни вăл пысăк тухăçлă тырпулшăн, кашни гектартан ялхуçалăх продукчĕсем нумайрах туса илессишĕн кĕрешни пулать. Удобренисемшĕн кĕрешессе пĕтĕм халăх кĕрешĕвĕ пулса тăтăр».**





*Тислĕке уйра çапла купаласа çĕртмелле*

Питĕ тĕрĕс сăмахсем. Тислĕк хатĕрлеме тата ăна уя кăларма пуринчен ытларах хĕллехи вăхăтра усă курмалла. Выльăх ферминче ĕçлекенсене тислĕк пухмалли заданисем панă чухне хĕл каçиччен кашни выльăх мĕн чухлĕ тислĕк пама пултарнине шута илес пулать. Малта пыракан колхозсенче хĕл каçиччен кашни ĕнерен 8 тонна, лашаран—4,5 тонна, сыснаран—1,5 тонна, сурăхран—0,8 тонна таран тислĕк туса илеççĕ. Çакăнтан шутласан, 50 лаша тăратнă витерен 225 тонна, 100 ĕне тăракан витерен 800 тонна тислĕк тухмалла.

*Малта пыракан колхозсенче тĕрлĕ выльăхран хĕл каçиччен çакăн чухлĕ тислĕк пухаççĕ (тоннăпа):*





Çавăн чухлĕ тислĕк туса илме витере кашни выльăх пуçне талăкра çакăн чухлĕ улăм е торф сарса параççĕ (килогрампа):

| | Улăм | Торф |
|---|---|---|
| Ĕнене | 4—5 | 6—8 |
| Лашана | 3—4 | 4—6 |
| Сурăха | 0,5—1 | — |
| Сысна (çурасемпе пĕрле) | 5—6 | 6—8 |
| Сыснана (çурасăр) | 2—3 | 3—4 |

Колхозниксен килĕсенче тислĕк пухмалла туни те тислĕк хатĕрлес ĕçре колхозшăн пысăк резерв пулса тăрать. Колхозниксене колхоз валли харпăр хăй килĕсенче тислĕк хатĕрлеме хавхалантарни тислĕк пухас ĕçре питĕ кирлĕ ĕç. Ку тĕлĕшпе хăшпĕр колхозсен паха опыт та пур, колхозник тислĕк хатĕрлесе панăшăн вĕсем ăна ĕçкунĕ хушса тӳлемелле тăваççĕ.

Колхозниксем харпăр хăй килĕсенче колхоза тислĕк панăшăн Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхозра кашни лавшăн çапла тӳлеççĕ:

**5 лав парсан—0,50-шар ĕçкунĕ**
**10 лав парсан—0,60-шар ĕçкунĕ**
**15 лав парсан—0,75-шер ĕçкунĕ**
**15 лавран ытла парсан —1,0-шер ĕçкунĕ.**

Колхозсенче тислĕк хисепĕшĕн те, унăн пахалăхĕшĕн те пĕр пекех тăрăшмалла. Лайăх çĕртмесĕр тиĕтсе янă тислĕкрен улăм кули çеç тăрса юлать. Ун пек тислĕкрен, паллах, усси çук. Çакна уйрăмах хĕлле тислĕк турттарнă чухне асăрхас пулать. Малта пыракан колхозсенче тислĕк кăлармалли уйра малтан юртан тасатнă вырăнсем туса тухаççĕ те, çав вырăнсене мĕн чухлĕ кĕнĕ таран тислĕк купаласа çĕртеççĕ.

Çавăн пекех тислĕкне торф тата фосфорит çăнăхĕ хутăштарса компост тусан та тислĕк пахалăхĕ нумай лайăхланать. Тислĕкне торф хутăштарса компостсем тунипе питĕ нумай паха удобрени хатĕрлеме пулать. Тислĕк пахалăхĕ çухалмалла ан пултăр тесе, малта пыракан колхозсем выльăх витисем çывăхĕнче ятарласах тислĕк пухмалли вырăнсем тăваççĕ. Кăçал вĕсене кашни колхозрах тума тăрăшас пулать.

Уя тислĕк кăларма хăшпĕр колхозсенче хуп çапса ятарласа çуна-сем е хăма çапнă ещĕксем тăваççĕ. Çавăн пек туни питĕ кирлĕ. Вăл вак япала пулсан та, унсăрăн уя тислĕк кăларас ĕçре нумай чăрмавсем пулаççĕ. Акă, Вăрнар районĕнчи «Гигант» колхозра тислĕк темĕн чухлех купаланса выртать. Анчах ăна кăларма ятарласа тунă çуна çук пирки хĕллехи кунсенче тислĕк пĕр лав та уя тухмасть.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче удобренисемпе малалла анлăн усă курмалла тесе палăртнă. Çак кунсенче кашни колхозра удобренисемшĕн вăйлă кĕрешӳ пуçарса ярса, çуна çулĕпе уя ытларах тислĕк кăларса юлар!

## Торф тислĕк пекех лайăх удобрени

Республикăри кашни районта тенĕ пекех торфлă вырăнсем пур. Унăн ăшĕнче азот тислĕкри чухлех шутланать, фосфорпа калий çеç кăшт сахалрах. Çапах та торфа уй-хире çемçетмелли вырăнти удобренисен пысăк резервĕсенчен пĕри тесе шутламалла.

Торфпа тĕрлĕ майсемпе усă курма пулать. Пуринчен ытларах тислĕкпе хутăш компост тума аван. Торфăн çиелти сийĕ, курăклăрах сийĕ, выльăх айне сарма та лайăх. Витере выльăх айне торф сарсан, тислĕк 1,5—2 хут ытларах тухать тата унăн пахалăхĕ нумай ӳсет.

Торфпа пахча çимĕç калчисене мульчировани тунă чухне те тата пахча çимĕç калчисем ӳстерме чӳлмексем тунă чухне те усă кураççĕ.

Тислĕк турттарнă пекех, торф турттарма та хĕлле çăмăлрах.

Торф пуринчен ытларах тăмлă тата хăйăрлă вырăнсене çемçетме лайăх. Тăмлă тăпраллă вырăна ăна гектар пуçне 60 тонна, хăйăрлă вырăна унтан та ытларах кăларма сĕнеççĕ. Анчах уя таса торф кăларас пулсан, йӳçек тăпраллă уя извеçлени лайăххрах пулать.

Тислĕксĕр пуçне торфа фосфорит çăнăхĕпе е кĕлпе хутăштарса компост тума сĕнеççĕ. Торфпа фосфорит çăнăхĕнчен компост тунă чухне 100 тонна торф пуçне 2 тонна фосфорит çăнăхĕ илеççĕ, кĕлпе компост тунă чухне—100 тонна тислĕк пуçне 1—1,5 тонна кĕл илмелле. Çапла тунă торф компосчĕ пахалăх енчен лайăх çĕрнĕ тислĕкне танлашать.

Торф фекалипе хутăштарса компост тума чи лайăх материал шутланать, мĕншĕн тесен вăл фекалие шăрăш тухми тăвать тата шĕвек япалана хăй çине туртса илет.

Торфа кайăк-кĕшĕк тислĕкĕпе хутăштарсан та лайăх компост пулать. Çапла тунă компостпа калчасене апат пама лайăхрах.

Торфлă компостсем таса торфран икĕ хут сахалрах кирлĕ, гектар пуçне 20—40 тонна таран кăларсан çителĕклĕ пулать.

Çаксем пурте пире ялхуçалăхĕнче малашне торфпа анлăрах усă курма кирли çинчен калаççĕ. Çĕре çемçетес ĕçре торфа хакламанни пулнă пулсан, кăçал çав çитменлĕхе пĕтермелле. Халлĕхе торфшăн хăшпĕр районсенче кăна тăрăшаç-çĕ-ха, январь уйăхĕнче 5 районти—Красноармейски, Калинино, Советски, Çĕмĕрле тата Етĕрне районĕсенче çеç торф турттарчĕç.

Хĕллехи çулпа торф турттарас ĕçе мĕнпур майсемпе вăйлатмалла.

### *Йӳçĕк тăпрана извеçлĕр*

Республикăра чылай вырăнсенче тăпра ăшĕнче кальци текен япала сахалланса юлнă. Çавăн пирки вара тăпра йӳçĕкленсе кайнă, хăшпĕр ялхуçалăх культурисемшĕн килĕшӳллĕ мар пулса тăнă. Тĕслĕхрен, йӳçĕк тăпраллă уйра клевер ялана начар ӳсет. Йӳçĕк тăпра çинче удобренисем те кирлĕ таран усăллă пулаймаççĕ.

Тăпра ытлашши йӳçĕк пулнине уйра вакша утипе кăшкар ути пек йӳçĕк курăксем ӳснинчен те пĕлме пулать. Анчах тĕплĕнрех пĕлес пулсан, ятарласа тунă индикаторсемпе тĕпчесе пĕлмелле.

Тăпрари йӳçĕке пĕтерес шутпа уя известь тăкаççĕ. Известь йӳçĕке хăварт пĕтерет, тăпра тытăмне лайăхлатать, удобренисен уссине пысăклатать.

Известь республикăра чылай районсенче çырма хĕррисем тăрах е чăнкă вырăнсенче тĕл пулать. Известь чулĕсем пулсан уя кăлариччен малтан ăна авăртаççĕ. Çĕр айĕнчех тĕпренчĕкленнĕ извеçе тӳрех уя кăларма юрать. Известь çук пулсан ун вырăнне шупка тăм (мергель) кăларма юрать.

Тăпра мĕн таран йӳçĕкленнине кура известь кăлармалли норма та тĕрлĕрен пулать. Сăмахран, кĕлленнĕ тăмлă тăпраллă вырăнта гектар пуçне 4—5 центнер известь кăларни çителĕклĕ. Известь çук çĕрте уя мергель кăлармалла пулсан, унăн норми икĕ хут ӳсет. Кунта çакна манмалла мар: йĕтĕнпе çĕрулми извеçе юратсах каймаççĕ. Çавăнпа çав культурăсене уя известь кăларнă хыççăн 3—4 çул иртсен тин акма юрать.

Хĕллехи кунсем—уя известь кăлармалли чи лайăх вăхăт.

## Кайăк-кĕшĕк тислĕкне нумайрах пухăр

Кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ ӳсентăрансене ӳсме кирлĕ япаласем тĕлĕшпе чи пуян удобрени. Унăн составне çаксем кĕреççĕ (центнер удобрени пуçне килогрампа шутласа):

| | | |
|---|---|---|
| Азот | — 0,7 — | 1,9 |
| Фосфор | — 1,6 — | 2,0 |
| Калий | — 0,8 — | 1,0 |

Çав удобренире азот тата ытти тĕрлĕ япаласем питех те нумай пулнă май, вăл тырпул тухăçне нумай ӳстерме пулăшать. Пĕр лав тислĕк пĕр лав тыра парать.

Кайăк-кĕшĕк тислĕкне уя сухалас умĕн те, кайран та кăларма юрать. Сухалас умĕн кăларас пулсан, гектар çине 6—10 центнер таран кирлĕ. Малта пыракан колхозсемпе унта пуринчен ытла калчасене апат панă чухне усă кураççĕ. Гектар калчана апат пама типĕ халĕн 4—6 центнер таран тислĕк кирлĕ.

Уя кăлариччен ăна типĕ çĕрте, çивитилле вырăнта сыхласа усрамалла.

## Кăмака кĕлĕ - паха удобрени





## Юшкăн тăпри

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз кăçал 2 пин тонна уя юшкăн тăпри кăларать.

Пĕве тĕпĕнчи юшкăн тăпри тулă, сĕлĕ тата клевер уйĕсене çемçетме лайăх удобрени шутланать. Ăна гектар пуçне 100—200 лав таран кăлараççĕ. Юшкăн тăпри пуринчен ытларах хăйăрлă уйсене çемçетме лайăх.

Юшкăн тăпри кăларма малтан пĕвене татса ярса типĕтеççĕ. Кайран çиелти сийне илсе уя кăлараççĕ. Юшкăн тăпри кăларма çулла лайăхрах, анчах хĕлле те пысăк чăрмавсемех çук, пăр тасатма çеç ытларах ĕç вăйĕ кирлĕ пулать.

## Бактериллĕ удобренисемпе ытларах усă курăр

Бактериллĕ удобренисем шутне çаксем кĕреççĕ: нитрагин, азотобактерин тата фосфоробактерин. Вĕсем—ятарласа тунă заводсенче хатĕрленĕ чĕрĕ бактериллĕ препаратсем. Çĕр айне пулсан çав бактерисем нумайрах ĕрчесе, ӳсентăрансене ӳсме лайăх услови туса параççĕ.

**Нитрагин.** Ку препарат пăрçаллă культурăсен—пăрçа, ясмăк, клевер тата люцерна тухăçне кăна ӳстерет. Нитрагинри бактерисем пăрçа йышши культурăсен тымарĕсем çинче пулакан вĕтĕ пĕрчĕсем ăшĕнче ĕрчесе, сывлăшри азота пухаççĕ. Çав азот ӳсентăран ӳснĕ çĕре каять, тата хăйĕн хыççăн çĕре азот нумай пухса хăварать. Нитрагинпа усă курнă чухне кĕленче çинче çырнине пурне те пурнăçламалла. Мĕнле культура валли тесе кăтартнă—çавăн валли çеç илмелле. Çавăн пекех ăна завод мĕнле вăхăтра кăларнине те пăхмалла, юрăхлă пулмалли срокĕ иртсе кайнă пулсан, унăн усси сахалрах пулать. Ăна ялхуçалăх снабженийĕн склачĕсенче кирек хăш вăхăтра та илме юрать.

**Азотобактерин** пахча çимĕçсемпе çĕрулми тухăçлăхне ӳстерме лайăхрах пулăшать. Çавăн пекех кукурузăпа кĕрхи тырăсен тухăçне те ӳстерет. Азотобактерин ăшĕнчи бактерисем — азотобактерисем ӳсентăрансене сывлăшри азотпа усă курма пулăшаççĕ. Пуринчен ытларах вĕсем хура тăпраллă е тислĕк тăкса çемçетнĕ вырăнта усăллă. Йӳçĕк те кĕлленчĕк тăпрана малтан извеçлесе тислĕк тăкса çемçетсен çеç азотобактерисене ĕçлеме кирлĕ услови лайăхрах пулать.

*Нитрагинтан пăрçаллă культурăсен тухăçĕ çакăн чухлĕ ӳсет (центнерпа):*





*Азотобактеринпа фосфоробактеринтан тырпул тухăçĕ çапла ӳсет (центнерпа):*





Азотобактерин — шĕвек япала. Сивĕре шăнса пăсăласран ăна хĕлле сутмаççĕ, çур еннелле çеç сутма пуçлаççĕ.

**Фосфоробактерин** хура тăпраллă тата çерем çĕтнĕ участоксем çинче усăллă. Йӳçĕк те кĕлленчĕк тăпра çинче те вăл тырпул тухăçне ӳстерет, анчах малтан çав вырăна извеçлемелле тата органикăлла удобренисем кăлармалла. Фосфоробактеринпа кĕрхи тырăсемпе çĕрулми, вирпе урпа уйĕнче усă курма сĕнеççĕ. Çĕнĕ çĕрсем çинче кукурузăна сурхи тулă уйĕсенче те усă кураççĕ.

Фосфоробактерин шĕвекки те, типпи те пулать. Шĕвек фосфоробактерина та, азотобактерин пекех, хĕлле сутмаççĕ.





## *Компостсем ытларах туса хатĕрлĕр!*



# СССР Министрĕсен Советĕнче

Нумаях пулмасть СССР Министрĕсен Советĕнче Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лосось пулла ĕрчетсе нумайлатасси тата сыхласси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухнă.

Камчаткăри, Сахалинри, Охотск тинĕсĕн çыранĕнчи тата Амур бассейнĕнчи юханшывсенче ĕрчекен çак пулăсен запасĕсене сыхласа хăварас тата йышне ӳстерес тĕлĕшпе Совет Союзĕн организацийĕсем нумай çулсем хушши пысăк ĕçсем туса пыраççĕ. Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лосоçсене кирлĕ чухлĕ ĕрчетсе нумайлатас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене пурнăçлама çулсеренех вуншар миллион тенкĕ расходлаççĕ.

Лосось тытасси Охотск тинĕсĕпе Камчатка çыранĕн тăрăхĕнче тата Инçет Хĕвелтухăçĕн ытти районĕсенче пурăнакан вырăнти халăхăн тĕп ĕçĕ пулса тăрать, вăл Советлă Инçет Хĕвелтухăçĕнче чи паха пулă продукцийĕ туса кăларма май парать.

Анчах та наука тата промысел енĕпе пухнă даннăйсем юлашки çулсенче çак пулă запасĕсем хăвăрт чакса пынине кăтартса параççĕ. Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лосось йышĕ чакни вăл çак пулăсем вăлча сапмалли вырăнсене куçса пынă çулсем çинче, уçă тинĕсре, вĕсене Японин пулă промышленникĕсем ним уямасăр çăткăнла тытнинчен килет. Хăшпĕр промысел участокĕсенче Совет Союзĕн предприятийĕсем лосоçсене чылай сахалтарах тытма пуçларĕç е вĕсене тытма пачах чарăнчĕç пулсан та, çак районта Японин пулă промышленникĕсем анлă усă куракан меслетсем пулăсене вăлча сапмалли вырăнсем патне пыма чарса тăраççĕ, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лосоçсен кĕтĕвĕсем чи çывăх вăхăтрах пĕтесси патне илсе çитерме пултараççĕ.

Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лосоçсен биологилле уйрăмлăхĕсем çакăн пек: вĕсем хăйсен пурнăçĕнче пĕр хут кăна, Советлă Инçет Хĕвелтухăçĕнчи юханшывсенче, вăлча сапаççĕ, унта вăлча сапма вĕсем тинĕсрен пыраççĕ; пулă вăлчипе вĕтĕ пулăсем тăварсăр шывра аталанаççĕ, кайран тинĕсе тухаççĕ, унта çитĕнсе çитнĕ пулăсем вара вăлча сапма çав юханшывсенех таврăнаççĕ. Çакна кура ĕнтĕ лосоçсен запасĕ мĕнле пуласси вăл юханшывсенчи вăлча сапмалли условисенчен, унта вĕсене сыхлас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсенчен кăна мар, тата, пуринчен малтан, вăлча сапмалли юханшывсем патне тинĕсрен пыракан лосоçсен йышĕнчен килет.

Анчах та тинĕсĕн чылай районĕсенче Японин пулă карапĕсем карса лартакан нумай тетелсем лосоçсен юханшывсене вăлча пăрахма куçса пымалли çулĕсене пĕтĕмпех тенĕ пек пӳлсе хураççĕ. Çакна пула 1955 çулта, Совет Союзĕн ку ĕçе лайăх пĕлекен организацийĕсен даннăйĕсем кăтартнă тăрăх, Охотск тинĕсĕпе Камчатка çыранĕ тăрăхĕнчи нумай юханшывсене йĕркеллĕ ĕрчесе нумайланма кирлĕ пулăсен 10—15 проценчĕ кăна кĕме пултарнă.

Совет Союзĕн компетентлă органĕсем халĕ пулса тăнă лару-тăрăва çапла хакламасăр тăма пултараймаççĕ: кун пек лару-тăру Совет Союзĕн çав районсенчи экономикишĕн хăрушлăх туса хурать, Японин пулă промышленность енĕпе ĕçлекен хăшпĕр ушкăнĕсем Совет Союзĕн законлă интересĕсене шута илесшĕн мар.

Уççăнах çакă курăнать ĕнтĕ, пулса тăнă лару-тăру тĕнчери апат-çимĕç ресурсĕсене чакармасăр, Совет Союзĕнчи халăхсене çеç мар, ытти çĕршывсенчи халăхсене, çав шутра Японин халăхне те сиен кӳмесĕр тăма пултараймасть.

Малараха каласа панисене шута илсе, СССР Министрĕсен Совечĕ СССР Пулă промышленность министерствине тата ытти тивĕçлĕ органсене çакăн пек кăтарту панă: лосоçсене вĕсем вăлча сапма куçса пыракан çулсем çинче çăткăнла тытассине чарса лартма васкавлă мерăсем йышăнас тĕлĕшпе сĕнӳсем хатĕрлемелле, сĕнӳсем хатĕрленĕ чухне çакна шута илмелле: сĕнӳре палăртнă мерăсене лосоçсен запасне сыхласси тата вĕсене тытассине йĕркелесси çинчен тĕнчери çĕршывсем хушшинче тивĕçлĕ килĕшӳ тăвиччен пурнăçласа пымалла тăвас пулать.

## Пур çĕршывсем те хĕçпăшалсăрланас ыйту пирки Франци Вĕрентӳ Работникĕсен Федерацийĕн генеральнăй секретарĕ янă çыру çине СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов панă ответ

Нумаях пулмасть 220 пин члена — Францири пуçламăш, тулли мар вăтам тата вăтам шкулсен учителĕсене пĕрлештерсе тăракан организаци—Францири Вĕрентӳ работникĕсен Федерацийĕ пур çĕршывсем те хĕçпăшалсăрланасси çинчен тата ядернăй энергипе мирлĕ ĕçсенче кăна усă курасси çинчен тăракан ыйту пирки аслă державăсене тата Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине Чĕнсе калани йышăннă. Чĕнсе каланипе пĕрле Федераци генеральнăй секретарĕ А. Лавернь господин СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов патне çакăн пек çыру янă:

«Министр господин,

220 пин члена, пуринчен ытларах вĕрентĕвĕн тĕрлĕ сыпăкĕсенче ĕçлекен воспитательсене пĕрлештерсе тăракан Вĕрентӳ работникĕсен Федерацийĕ Францири вĕрентӳ ĕçĕн мĕнпур работникĕсем пур çĕршывсем те хĕçпăшалсăрланасси çинчен Чĕнсе калание Сирĕн пата çитерме кирлĕ тесе шутлать.

Эсир те пирĕн юлташсем пекех шухăшлатăр тесе шанса тăрса, эпĕ Сире çак Чĕнсе калани çине ответлеме ыйтатăп.

Эпĕ чи ырă туйăмпа калание йышăнсамăр, Министр господин.

Генеральнăй секретарь
Адриан Лавернь».

«Вĕрентӳ Работникĕсен Федерацийĕ пур çĕршывсем те хĕçпăшалсăрланасси çинчен чĕнсе калани:

Вĕрентӳ работникĕсен Федерацийĕ,

—термоядернăй хĕçпăшала малашне те час-часах сăнаса пăхни, хăйĕн радиоактивлă результачĕсене пула, çĕр çинче чухăнлăх сарнă пулĕччĕ,

— атомлă хĕçпăшалпа хĕçпăшалланнă пирки халăхсем хушшинче килĕшӳ тăвас вырăнне пĕр-пĕрне шанмасăр тата хăраса пурăнас туйăмсем тухса тăраççĕ, вĕсем нацисене вăрçă патне илсе пыраççĕ,

тесе шутласа,

Çапла çирĕплетсе калать: наукăн чи аслă тĕллевĕсенчен пĕри вăл—пĕтĕм этемлĕх валли ырă пурнăç тăвасси;

Аслă державăсем, çавăн пекех Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ умне çакăн пек требовани лартать: хĕçпăшалсăрланнипе гарантиленĕ мир политики тытса пыма пĕр тăхтаса тăмасăрах тытăнмалла;

Мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисене хĕрӳллĕн çапла чĕнсе калать: вĕсем хăйсен çĕршывĕсен правительствисене пур çĕршывсем те пĕр вăхăтрах хĕçпăшалсăрланасси, çак ĕçе тĕрĕслесе тăмалла тăвасси тата ядернăй энергипе мирлĕ ĕçсенче кăна усă курасси патне ирĕклĕн пыртармалла».

Февралĕн 8-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов А. Лавернь господина ответлесе çыру янă, çыру текстĕ аялтарахра пичетленет:

«Генеральнăй секретарь господин,

Францири Вĕрентӳ Работникĕсен Федерацийĕ пур çĕршывсем те хĕçпăшалсăрланасси çинчен тата ядернăй энергипе мирлĕ ĕçсенче кăна усă курасси çинчен тăракан ыйту пирки аслă державăсене тата Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине Чĕнсе калани çинчен пĕлтернĕшĕн Сире тав тăватăп.

Сирĕн юлташсем Чĕнсе каланинче палăрса тăракан туйăмсене эпĕ, мĕнпур совет çыннисем пекех, пĕтĕмпех кăмăллатăп. Иккĕленмелли çук, сирĕн пуçарăва мире юратакан мĕнпур çынсем хĕрӳллĕн ырлĕç.

Çитĕнӳсем тума ырă сунатăп.

Хисеплесе В. МОЛОТОВ».

## „Дружба великих народов" фильма Делире кăтартнă

ДЕЛИ, февралĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Февралĕн 9-мĕшĕнче Делири «Делит» кинотеатрта ССР Союзĕн Индири посольстви «Дружба великих народов» ятлă документальнăй фильм кăтартнă. Совет Союзĕнче туса кăларнă çак фильм Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Индире пулни çинчен каласа парать. Фильма пăхнă çĕрте Инди вице-президенчĕ Радхакришнан, министрсемпе Инди правительствин ответлă сотрудникĕсем, дипломати корпусĕн членĕсем, çавăн пекех Инди общественноçĕн нумай представителĕсемпе Инди журналисчĕсем пулнă.

## ФИЛИППИНПА СОВЕТ СОЮЗЕ ТАТА ХАЛĂХ ДЕМОКРАТИ ÇĔРШЫВĔСЕМ ХУШШИНЧИ СУТУ-ИЛĔВЕ АТАЛАНТАРАССИШĔН

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Манилăран пĕлтернĕ тăрăх, Филиппин парламенчĕн депутачĕсем хушшинче демократиллĕ лагерьти çĕршывсемпе çыхăнса суту-илӳ тăвассине аталантарас шухăш вăйланса пырать. Ку çĕршывсемпе çыхăнса суту-илӳ тума чарса тăрас йĕркене пăрахăçлани Филиппинăн тулашри рынокне аслăлатма, унтан та ытларах «çĕршыва экономика тĕлĕшĕнчи йывăрлăхран çăлса хăварма пулăшать», тесе шутлаççĕ. Представительсен палатин чылай членĕсем Филиппин конгресĕнче пăхса тухма Китай Халăх Республикипе тата Совет Союзĕпе çыхăнса суту-илӳ тăвассине вăйлатасси çинчен сĕнӳ тăратнă.

Представительсен палатин председателĕ Хосе Лаурель конгресс çавăн пек суту-илĕве сарасси çинчен, çав шутра Филиппинпа асăннă çĕршывсем хушшинче дипломатилле çыхăнусем тытмалла тăвас ыйтăва тĕплĕн сӳтсе явасси çинчен каланă.

## ФЕДЕРАЛЬНАЯ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИН ПРАВИТЕЛЬСТВИ ПУРНЕ ТЕ ТИВЕС ÇАР ПОВИННОÇĔ ÇИНЧЕН КАЛАКАН ЗАКОН ПРОЕКТНЕ ЙЫШĂННА

БОНН, февралĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Федеральнăй Германи Республикин правительстви пурне те тивĕç çар повинноçĕ çинчен калакан закон проектне йышăннă. Закон проектне пăхса тухма бундестагпа бундесрата тăратаççĕ. Закон проектĕнче, çар службине 18 çулти çамрăксене илме палăртнă. Çар службинче тăмалли срок—çулталăк çурă. Кунсăр пуçне, 18 çултан иртнĕ çынсене 6 уйăхлăха çара илме палăртаççĕ. Çавăн пекех рядовой составăн 3 уйăхлăх, унтер-офицерсемпе офицерсен 3 уйăхлăх çар сборĕсене ирттермелле тăваççĕ. Духовнăй званиллĕ çынсене çар службинчен хăтараççĕ.



## Комсомольскинчи тĕлпулусем

### АÇТА АШАРАХ?

Комсомольскине çитсенех эпĕ чайнăйне кĕтĕм. Хĕллехи çанталăкра çула тухнă çыннăн çавă вĕт-ха: вĕри чей, яшка-шӳрпе ĕçсе-çисе ăшăнас килет. Анчах мĕн куртăм-ха эпĕ кунта?

Чайнăйра сивĕ. Пас тытнă кĕтессем чуна çӳçентереççĕ, пăрланса ларнă урай йăкăш-якăш шăвать. Пĕрикĕ çын ман куç умĕнчех çурăм çине лап! çаврăнса ӳкрĕ.

— Инçетрен килетĕп, питĕ шăнтăм, епле те пулсан хăвăртрах апат çитер-ха, тархасшăн, — терĕм эпĕ кăмака умĕнче хĕртĕнсе тăракан официанткăна.

— Вăт, тĕлĕнтермĕш тупăнчĕ! Ашăнма чайнăйне килнĕ. Чайнăй вăл саншăн райпотребсоюз правленийĕн кантурĕ мар, эпир хамăр та ăшăнма çавăнта çӳретпĕр,— тесе хучĕ вăл.

— Кунта ăшăнасси çинчен ан та шутла,—сăмах хушрĕ апат çисе ларакан тăлăплă çын,—яшки те вутсăр пĕçернĕ пекех сивĕ.

Урама тухрăм та колхозник çурчĕ еннелле утрăм. Çула май магазинсене кĕрсе тухрăм.

Раймагра, хуçалăх таварĕсем сутакан магазинта, сельмагра, апат-çимĕç сутакан магазинта — пур магазинсенче те тулти пекех сивĕ. Апат-çимĕç сутакан магазинта алăка та хупмаççĕ. Магазин заведующийĕ пылне те, сăкăрне те, конфетне те алсипех виçе-виçе парать.

Пулать вĕт инкек! Колхозниксен çуртĕнче те ăшăнма пулмарĕ, унта та хутнă-хутман пурăнаççĕ. Пынă хăнасем хăйсене вырнаçтарнă номерсенче мар, колхозниксен çурчĕн заведующийĕ пурăнакан пӳлĕме пуçтарăнса ларнă: унта ăшăрах.

— Район центрĕнчи магазинсем çеç мар, ялти клубсемпе вулав çурчĕсем тата библиотекăсем те нумайăшĕ вутăсăр лараççĕ,—тет пĕри. — Киров поселокĕнчи, Луцкинчи, Александровкăри библиотекăсенче, Тукай Мишерти, Кĕçĕн Каçалти, Кивĕ Сĕнтĕрти, Эткерти клубсенче те хĕле кĕнĕренпех хутмаççĕ.

— Медицина пункчĕсен çурчĕсене те хутса ăшăтмаççĕ,—сăмах хушрĕ тепри. — Тукай Мишерти медпунктра эмелсем шăнса ларнă...

— Райисполкомпа райпотребсоюзра тата культура пайĕнче ăшă вара,—терĕ виççĕмĕшĕ,—унта кĕпе çуххисене вĕçертсе лараççĕ. Соловьев, Мышкин тата Смирнов юлташсем хăйсем валли вутă çителĕклĕ хатĕрленĕ те сивĕре ларакансенчен лăх-лăх кăна кулаççĕ.

### ТĔЛĔНТЕРМĔШ ТРАКТОРСЕМ

Машина-трактор станцийĕнче мана директор ĕççĕсене тăвакан Каримовпа парткомбюро секретарĕ Манзуркин юлташсем çапла каларĕç:

— Трактор хыççăн трактор юсаса кăларатпăр. Питĕ тикĕс пырать пирĕн ĕç...

Колхозсенче çӳресен, МТС-ра хăшпĕр тракторсене мĕнле юсанине пĕлтĕм вара.

Сталин ячĕпе тăракан колхоза çитсен, тракторист Орлов тин çеç юсавран тухнă 19-мĕш номерлĕ тракторпа йывăç турттарма вăрмана тухса кайрĕ. Çурма çула çитсен, трактор подшипникĕ ирĕлнĕ. Ăна юсаса, чутах эрне иртетчĕ. Анчах подшипнике юсаса трактора вырăнтан хускатрĕç кăна—тепĕр пайĕ ĕçлеми пулчĕ. Вара МТС-ран 66-мĕш номерлĕ «ДТ-54» трактор чĕнсе илчĕç. Ку тракторĕ те тин çеç юсавран тухнă. Сĕтĕрсе таврăнчĕ йывăçа. Тепĕр кунне çак трактора татах вăрмана ăсатса ячĕç.

— Ну, — терĕç колхоз правленийĕнче ларакансем,—ку трактор йывăçа лешĕн пек çурма çулта пăрахса хăвармĕ.

Анчах çур сехет те иртмерĕ, тракторист Чернобровин правление вĕçтерсе çитрĕ.

— Трактор пăсăлчĕ! Ялтан тухрăм кăна, лап! турĕ те сӳнсе ларчĕ,—терĕ вăл.

Пурте яла хыçне, трактор ларакан çĕре, тухса чупрăмăр. Асапланса-асапланса кĕрлесе кайрĕ хăйхи. Анчах саса парать—тапранаймасть. Эккей, çĕр çăтасшĕ! Юлашкинчен хускалчех трактор, анчах каялла каять—малалла пĕр утăм та тумасть. Асапланма пăрахас, йывăç турттарма урăх трактор чĕнсе илес, терĕç вара. Чернобровин юлташа трактора каялла чакарса яла таврăнма хушрĕç.

—Çуркунне те çак майпах ака тумалла-ши кунпа?—тесе тĕлĕнчĕç колхозниксем.

### НИЛОВА ПУРАНМА ПĔЛЕТ

Маруся Нилова район центрĕнчи хуçалăх таварĕсем сутмалли магазин заведующийĕ пулса ĕçлет. Эпĕ унпа паллашнă кун магазина пысăк хурансем илсе пычĕç. Вĕсене туянас текенсем çийĕнчех тупăнчĕç. Анчах Нилова хурансене лав çинчен антарса пĕтерчĕ те магазина пынă çынсене çапла каларĕ:

—Кĕтсе ан тăрăр, никама та пĕр хуран та сутмастăп.

— Мĕнле апла?—тĕлĕнчĕç çынсем.

— Сутмастăп — ĕçĕ те пĕтнĕ. Мĕншĕн тесен вĕсен хуçисем пур.

— Хуçисем? Ара, эпир магазина пуринчен малтан килнĕ-çке!

Нилова кулса ячĕ, унтан пĕр хуранĕ çине хăпарса тăчĕ те çапла пĕлтерчĕ:

— Сире хуран сутса ларса райсоюзри хуçасемпе пăсăлас-и манăн? Эсир-и е райсоюзри пуçлăхсем хаклă маншăн? Апат-çимĕç магазинĕнчен кăларса янă хыççăн мана кам ĕçе вырнаçтарчĕ? Ак çак хурана. çитмĕл литр кĕрекеннине, райсоюзри главнăй бухгалтер Левина юлташ илет, кăна раймаг бухгалтерĕ Бобылева юлташ йышăнчĕ, çакна тата калькулятор Тăкмакова никама та пама хушмарĕ, ку—столовăй бухгалтерĕн Архиповăн. Анлантăр-и ĕнтĕ?

— Анлантăмăр... — терĕç те тавар илме пынă çынсем килĕсене утрĕç.

### КАМ КАМРАН КУЛАТЬ?

Ульянов ячĕпе тăракан колхозра мана колхоз председателĕ Якимов юлташ ĕне фермипе паллаштарчĕ. Картишĕнче хĕç пек ырхан ĕнесем çӳреççĕ.

— Йăлтах хăшкăлтарса çитерчĕç вĕсем пире, — тарăхсах вăрçать Якимов, ĕнесем çине сивĕ куçпа пăхса.

— Камсем? — ăнланаймасăр ыйтрăм эпĕ.

— Камсем пулччăр-ха, ĕнесем. Иртнĕ уйăхра 38-шар литр анчах сĕт пачĕç, пĕтĕм район умĕнче намăс кăтартрĕç.

— Эсир ĕнесене мĕн çитеретĕр?

— Вĕсемшĕн нумай тăрăшатпăр, типĕ улăм яланах ура айĕнче. Картишне тăкса паратпăр та суйлакаласа çиеççĕ.

— Улăма тураса, пăспа çемçетсе те паратăр пулĕ?

— Пăспа çемçетсе? Ара, кормозапарник кирлĕ вĕт. Вăл—ĕçлемест, мĕншĕн тесен пĕр хуранĕ çулларанпах Комсомольскинчи ялпора пыл...

Кунта Якимов юлташ темĕскер аса илчĕ те, сăмаха урăх еннелле пăрма васкарĕ.

Çав вăхăтра пирĕн пата пĕр доярка пырса тăчĕ.

— Эсĕ, Афанасий Якимович,—терĕ вăл, председатель куçĕнчен тӳррĕн пăхса,—ответран ан пăрăн, пуçларăн пулсан, каласах пĕтер. Аçта-ха пирĕн кормозапарникĕн хуранĕсем?

— Пĕрне иртнĕ кĕркуннех ялпора пыл тултарса илсе кайнăччĕ. Пылне сутса пĕтермен те, çавăнпа унтах-ха... Тепри хамăрăн колхозри кĕлетре пылпа ларать... Пыл хума пит майлă вĕсем...

### «ÇУЛĔ ТУ ÇИНЧИ ÇИЛ АРМАНĔ...»

«Çулĕ ту çинчи çил арманĕ çилсĕр-мĕнсĕр авăрать»,—тенĕ халăх юрринче. «Правда» колхоза пырса кĕнĕ чухне мана çак юрă аса килчĕ. Ял çывăхĕнчи çӳлĕ ту çинче çил арманĕ ларать, вăл вара тăвăл тухсан та авăрмасть. Çунатĕсем çук унăн, виç-тăвата çул каяллах ĕнтĕ вĕсене çавраçил çапса антарнă.

Яла çитнĕ кун эпĕ колхоз председательне Марков юлташа шыраса çӳрерĕм. Арман авăрттăр тесен, сăмах вакламалла мар, çунатсем туса памалла, тесе калас килчĕ ăна. Анчах Марков юлташа тĕл пулаймарăм. Вăл вунсакăр çухрăмри Патман арманне ыраш авăртма кайнă, терĕç.

Пыр та калаç Комсомольскинчи хăшпĕр руководительсемпе!

КАПКАН корреспонденчĕ.

### Чипер пурăнна çĕртенех...

Иван Петрович Ордяков çемйинче вăйлă харкашу пулса иртрĕ. Ун пекки халиччен те пулкаланаччĕ, анчах ку хутĕнче ĕç шалах кĕрсе кайрĕ. Арăмĕ юлашкинчен çапла каласа хучĕ:

— Çитет... Çитет.. Сахал мар чăтрăм ку тарала çитиччен. Паянтан сан уру та ан пултăр çак çуртра. Уйрăлатпăр.

Иван Петрович — районта паллă çын, райпотребсоюз председателĕ. Паллах, ăна çемьери «лару-тăру» арăмĕнчен уйрăласси патне илсе çитерни çинчен çынсене пĕлтерме лайăх мар. Çав вăхăтрах унăн тарăхтармĕш арăмне тавăрас та килет.

— Манран кулма-и?—тет вăл хăйĕн ăшĕнче арăмĕ пирки.—Эпĕ сана тархаслаçа урам тăрăх палкаса çӳремĕп. Хам хуçа! Акă тытатăп та ыранах ĕçрен кăларса яратăп — председатель пулнă май сана буфета вырнаçтартăм. Халĕ шиш! Ку — пĕрре. Тĕпĕртетме пулать ăна, анчах тăван-пĕлĕшсем çинчен те манма юрамасть. Тепĕр приказпа лавккара ĕçлекен йăмăкна кăларса сирпĕтетĕп. Виççĕмĕш приказпа столовăйра ĕçлекен йăмăкна хăваласа яратăп: хам вырнаçтарнă, хам кăларатăп. Çӳрĕр вара янккаса.

...Иван Петрович çак шухăшпа ыйхинчен вăранса кайнă.

— Ну-и тĕлĕк те!—тенĕ вăл.—Мĕн шуйттание курăнчĕ-ха вăл? Чиперех пурăнатпăр-çке...

Чăнах та, Ордяковсем чиперех пурăнаççĕ, пĕтĕм çемйипех «чиперех» ĕçлеççĕ.

Микиш ПАВАЛЕ.

Хĕрлĕ Чутай районĕ.

### Куккуи

Авăтать, вĕçет куккук,—
Ун йăви ниçта та çук.
Пăрчăкканăн йăвине
Хăварать çăмартине.

Пĕр чее этем çапла
Повесть çырнă куккукла:
Ăна хунă чĕплеме
Издательство пӳлĕмне.

Пĕр редактор кунсерен,
Каçсерен те ирсерен
Ларнă,—чĕпĕ пек вара
Повесть тухнă йăваран.

Кахаллин чаракĕ çук,
Тенĕ пек халь çак куккук
Пит ĕçчен пулни çинчен
Авăтать пухусенче.

Яков УХСАЙ.

### КРАÇÇЫН ЛАМПИ КИРЛĔ

Капкăн тус! Пĕр те пĕр Вăрнара килес-тăвас пулсан, хăвăрпа пĕрле краççын лампи илсе килме ан манăр. Эсир кунти лавккасенче ун пек япалана ниепле те тупса илеймĕр—çук. Ку лампа пуринчен ытларах Вăрнар поселокĕнчи икĕ эрнере пĕрре çутă паракан электростанци çуртĕнче ĕçлекенсене питĕ кирлĕ.

К. СЕРОВ.





Петр Самсоныч Пидиксеев, хатĕрлев кантурĕн аслă бухгалтерĕ, шăмă куçлăхне тарласа кайнă çамки çине улăхтарса лартрĕ те, кĕххĕм! кĕххĕм! ӳсĕркелесе, çаралма пуçланă пуçне хыçса илчĕ. Унтан, пĕр хушă шухăшласа ларнă хыççăн, пӳрне хулăнăш хĕрлĕ кăранташ ярса тытрĕ. Иванов агент пырса панă аванс отчечĕ çине пĕр-ик тĕле темле паллăсем лартрĕ.

— Тепĕр хут куçарса çырма тивет,—терĕ Петр Самсоныч, Иванова аванс отчетне каялла парса.—Паллă тунă тĕлсене пăх-ха: ытлашши çырса лартман-и эсĕ вĕсене?

Иванов хăйĕн отчетне пăхса тухрĕ те, ним ăнланмасăр, хулпуççийĕсене сиктеркелесе илчĕ.

— Ытлашши мар-çке,—тĕлĕнчĕ вăл,—шăпах ултă талăк пурăннă эпĕ унта. Ултă хут иллĕк—вăтăр тенкĕ пулать.

— Ултă хут иллĕк чăнах та вăтăр-ха вăл.—Аслă бухгалтер: «ăнланмăш пулса ан лар-ха эсĕ», тенĕ пек кулкаласа илчĕ.—Анчах... Малтанхи каç эсĕ унта çурсĕр иртсен çеç çитнĕ—паллах, вăл каçшăн тӳлеменех ĕнтĕ. Унтан вара поезд Çакаварĕнчен каллех çурсĕр иртсен тухать—эсĕ каçхинех станца кайса ларма пултарнă, вăл каçшăн тӳлемелле те пулмав. Эппин, вăтăртан вуннă кăларса пăрахатпăр — çирĕм тенкĕ юлать. Çапла вĕт?—Анчах Петр Самсоныч Иванов таварччен кĕтсе тăмарĕ, малалла каласа кайрĕ:—Тепĕр тесен тата, санăн унта шăлну пурăнать—хваттершĕн пачах тӳлемелле мар.—Пидиксеев пукан хыçĕ çине сĕвенсе ларчĕ.—Сана нумай каласа ăнлантармалла мар, эсĕ хăвах пĕлетĕн: сăмах ман укçа пирки мар, государство укçи çинчен пырать...

Иванов Петр Самсонычă хăй Çакаварĕнче тăватă каç мар, чăнах та ултă каç выртни тата шăллĕ хăй те хваттерте çеç пурăнни пирки, ăна тăварлас мар тесе, ултă каçне те колхозниксен çуртĕнче выртни çинчен каласшăнччĕ, анчах ку калаçу питĕ вăраха каяссине, аслă бухгалтер, яланхи пекех, кашни пуса перекетлеме кирли çинчен лекци вулама пуçлассине ăнланчĕ те ним те шарламарĕ.

— Ну, эпĕ апата кайса килем-ха,—терĕ Петр Самсоныч, бухгалтери работникĕсене. Тен, каярах та юлса килĕп — инçе каймалла.

— Апла, киле каятăр-и апата?—ыйтрĕ аслă бухгалтер помощникĕ Наталья Ивановна.

— Çук, ресторана çитесшĕн. Хамăр буфет килĕшми пулчĕ-ха. Путлĕ апат та илсе килмеççĕ—вара çеç ыраттарать.

Наталья Ивановна: «Ара, хальччен кунтах апатланаканччĕ вĕт-ха?»—тесшĕнччĕ, анчах пуçлăхне кӳрентересшĕн мар пулчĕ пулмалла: — чĕнмерĕ.

Петр Самсоныч та хăйĕн арăмĕ ĕнер ресторана официанткăна кĕни, çавăнпа та унта укçа тӳлемесĕрех апатланма май пуласси çинчен шарласа тăмарĕ.

Ресторанра халăх ытлашши ех марччĕ. Петр Самсоныч арăмне унта кĕрсенех асăрхаса илчĕ—вăл пĕр пушă сĕтел çинчи черккесемпе турилккесене майлаштарса лартатчĕ. Аслă бухгалтер тӳрех ун патне иртрĕ те хăй çине пăхтарасшăн ӳсĕркелесе илчĕ.

— Ну, мĕнле, Паша, килĕшет-и ĕç?—ыйтрĕ вăл, арăмĕ хăй енне çаврăнсан.

— Пырать пек-ха — терĕ Паша. — Санăн мĕн, перерыв-и халĕ? Апатланатăн-и?

— Вăт, вăт, çавăнпа килтĕм те ĕнтĕ. Петр Самсоныч пукан çине пырса ларчĕ те аллисене сăтăркаласа илчĕ: — Мĕн пур унта сан лайăххи?

— Пĕррем ĕшсенчен флотски борщ, клецки, гренки яшки, суп-харчо иккĕмĕшĕ — биточки, гуляш, котлет, антрекот, бифштекс, беф-строгансем, беф-бризе...

— Çук ĕнтĕ, апля мар чăнчăн ресторанăй апат пултăр. Закускăран пуçлар. Акă, кунта: пĕрчĕллĕ вăлча пур тенĕ. Çавна пар. Ăна икĕ порцийĕпех çийĕп. Салат... Сысна çури... пĕр икçĕр грамм коньяк. Пĕрремĕшне мĕн илес-ха тата? Аха, кунта акă: стерлядь шӳрпи пур, тенĕ. Çавна илсе кил. Халлĕхе çитĕ-ха, кусене çисе ярсан шухăшлăп тата. Да, тата пĕр бутылка, çук, икĕ бутылка сăра илсе кил.

Паша вăл мĕн калanисене пĕчĕк блокночĕ çине çырса хучĕ те, темшĕн пуçне пăркаласа илсе, буфеталла кайрĕ.

Илсе килнĕ апачĕсемпе сăриэрехне çисе-ĕçсе янă хыççăн, Петр Самсоныч хытах какăрса илчĕ. Унтан вăл жилетка, пинжак тӳмисене вĕçертрĕ, пиçиххине пушатрĕ, арăмне чĕнсе хур какайĕ, шашлык, çĕр грамм коньяк тата икĕ стакан сивĕ кофе илсе килме хушрĕ.

— Тата...

— Мĕн тата?—хăраса ӳкрĕ Паша.

— Лере хыпкалама... мĕн, пĕр-ик пирожнăй тата пĕр-ик бутылка сăра илсе килсе парха. Портфеле чиксе кайăп...

— Мĕн эсĕ, Петя, кун чухлĕ ниххçан та çиекен-ĕçекен марччĕçке-ха? Ахаль те утмăл виçĕ тенке çитрĕ ĕнтĕ.

— Мĕнле утмăл виçĕ тенкĕ тата? Хе-хе-хе, шӳт тума та пултаратăн иккен...

— Утмăл виçĕ тенкĕлĕх çирĕн, ĕçрĕн.

— Хе-хе. сана тата, хам арăма, укçа тӳлесе хăвармалла мар-и, çитернĕшĕн?

— Мана мар, ресторана, Петя. Апачĕ те, эрехчи те, сăри те кунта манăн хамăн мар вĕт.

— Малтанах каламаллаччĕ. Каланă пулсан, неушлĕ çакăн чухлĕ çинĕ пулăттăм вара эпĕ?

Çав кун вăл урăх ĕçлеймерĕ те: апат хыççăн аран-вран пĕр сехет ларкаларĕ те «чирлерĕм» тесе, киле тухса утрĕ.

Ĕçе вара, варĕ ыратнипе, тепĕр кун та пыраймарĕ. анчах уйăх вĕçĕнче, шалу илнĕ чух, хăй ĕçлемен, килĕнче йăваланса выртнă кунсем çинчен асăнмарĕ. «государствăн кашни пусне перекетлемелле» тесе, вĕсемшĕн хăйĕнчен укçа та тытса юлмарĕ.

В. САДАЙ.



## Шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăрту

Вунпĕрмĕш турта мастер кандидачĕ Петровпа Чăваш республикин представителĕ Чугунов пуринчен те малтан выляса пĕтерчĕç. Тĕп фигурăсене улăштарса илнĕ хыççăн тата вăйă вĕçленсе пынă вăхăтра Чугуновăн коне пешкăпа улăштарса илме тиврĕ. Ытлашши фигура пуррипе усă курса, Петров унтан хăвăрт выляса илчĕ.

Парти вĕçленсе пынă вăхăтра уйрăмах хытă тăрăшнипе мастер кандидачĕ Радченко Гизатуллина çĕнтерчĕ. Çапла ĕнтĕ Радченко юлашки пилĕк партире тăватă очко пухрĕ.

Козлов—Волошин партийĕ интереслĕ пулчĕ. Волошин вăйă пуçламăшĕнчех тĕрĕс мар çӳреннипе усă курса, Козлов тапăнса пыма тытăнчĕ. Унтан вăл юриех ладья выляса ярса, Волошина мат пачĕ. Çакна май Козлов турнирта малта пыракансене çитрĕ.

Дамскипе Новопашин партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Кунта Дамский лайăх комбинаци тунине палăртмалла. Вăл хăйĕн ферзине парса, ладьяпа слон выляса илчĕ. Юлашкинче шахмат хăми çинче Новопашинăн ферзь, Дамскийĕн—икĕ ладья тăрса юлчĕ. Çакна кура шахматистсем партие нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçлеме килĕшрĕç.

Финиш çывхарса килнĕ май турнирта кĕрешӳ вăйланчĕ. Çак турта тăватă партие тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварчĕç. Сергиевскипе Алешин тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире нихăшĕ те çĕнтереймеççĕ пулмалла. Çавăн пекех Алексеев—Игумнов, Хавский—Стрекаловский, Никитин—Кубарев хăйсен партийĕсене выляса пĕтерейменха. Тепĕр чухне вылямa хăварнă партире Никитинăн ытлашши пĕр пешка пур.

Вунпĕр тур хыççăн Кубарев малта пырать. Вăл 10 вăйăра 7 очко пухнă. Никитин 9 вăйă хыççăн 6,5 очко, Новопашинпа Козлов—11-шер вăйă хыççăн—6,5-шер очко пухнă. Сергиевскипе Радченко вунă вăйăра 6-шар очко выляса илнĕ.

Вуниккĕмĕш турта Чугуновпа Дамский партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ, Кубарев—Радченкоран, Новопашин — Сергиевскирен, Хавский—Гизатуллинран, Петров—Игумновран выляса илчĕç.

Виçĕ партие выляса пĕтереймерĕç. Тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире Стрекаловскин — Алешина, Волошинăн — Алексеева çĕнтерме шанăç пур. Никитинпа Козлов партийĕнче иккĕшĕн те пĕрер слон, пĕрер ладья тата ултшар пешка юлнă.

Халĕ турнирта Кубарев малта пырать. Ĕнер малтанхи турсенчен юлнă партисене вылярĕç.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

### Вырăнти вăхăтпа

Вырăнти передачăсене çак çулхи февралĕн 9-мĕшĕнчен пуçласа 566 метрлă хум тăрăх параççĕ.

Кашни кунах, тунтикунпа кĕçнерникунсăр пуçне, 8 сехет те 20 минутран пуçласа 8 сехет те 50 минута çитиччен республикăра тухса тăракан хаçатсен обзорĕ. Кунсеренех, вырсарникунсăр пуçне, 18 сехет те 30 минутран пуçласа 18 сехет те 50 минута çитиччен чăвашла çĕнĕ хыпарсем, 19 сехет те 45 минутран пуçласа 20 сехетчен вырăсла çĕнĕ хыпарсем.

**Февралĕн 14-мĕшĕнче**

18.50—«Ултăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхĕ ӳсни» ятлă калаçу. 19.10—«Парти ертсе пырать» ятлă литературăпа музыка композицийĕ.

**Февралĕн 15-мĕшĕнче**

18.50—Ачасем валли хатĕрленĕ передача. Ф. М. Лукин çырнă «Пире парти ӳстерет» ятлă юрра юрлама вĕрентеççĕ. 19.05—Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри сĕт-çу фермин заведующийĕ А. Ф. Доманин юлташ партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан ăмăртура тунă çитĕнӳсем çинчен каласа пани. 19.25—«Ялав» журналăн çĕнĕ номерĕн обзорĕ.

**Февралĕн 16-мĕшĕнче**

8.20—«В. И. Ленин социализмла ăмăрту çинчен» ятлă калаçу. 8.40—Т. И. Фандеев композиторăн юррисем. 18.50—КПСС историне вĕренекенсене пулăшма «Большевиксен столыпин реакцийĕ тапхăрĕнчи тактики» ятлă лекци. 18.20—Радио итлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

### Тӳрлетни

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра февралĕн 11-мĕшĕнче 4-мĕш страницăра, юлашки колонкăра тухнă «Е. И. Ивановăна «Ача амăшĕ героиня» ятне панă» ятлă информацие çапла тӳрлетсе вуламалла: «Тăвай районĕнчи Ульянкă ялĕнчи Елена Ивановна Ивановăна «Ача амăшĕ-героиня» орденĕпе наградăласа, «Ача амăшĕ-героиня» хисеплĕ ят памалла тунă».

### Пĕлтерни

Февралĕн 13-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче партипе хуçалăх тата комсомол активĕ, докладчиксем, агитколлектив руководителĕсем тата агитаторсем валли «Парти съезчĕ—КПСС аслă органĕ» тема тăрăх лекци пулать.

Лекторĕ К. И. Ванюшкин юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 12-мĕшĕнче кăнтăрла, февралĕн 13-мĕшĕнче каçхине вырăсла спектакль «Несчастный случай», февралĕн 12 тата 14-мĕшĕсенче каçхине вырăсла спектакль «Кремлевские куранты». Спектакльсем кăнтăрла 12 сехетре, каçхине 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА». Февралĕн 12-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче документлă фильм «Дружба великих народов», 16, 17.30, 19, 20.30 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «В квадрате 45»; февралĕн 13-мĕшĕнче 10, 11.30, 13, 14.30 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «В квадрате 45», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Югославире кăларнă çĕнĕ кинокомеди «Подозрительная личность» кăтартаççĕ.

«УДАРНИК». Февралĕн 12-мĕшĕнче 16.15, 18.15, 20.15 тата 22.15 сехетсенче пуçланакан сеанссенче документлă фильм «Дружба великих народов» кăтартаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00630 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573, Тираж 37.000 экз.